ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Январь 22 ВЫРСАРНИКУН № 16 (9695) Хакĕ 20 пус. 38-мĕш çул тухать.

**Улттăмĕш пилĕкçуллăх совет çĕршывĕн производительнăй вăйĕсене малалла хăватлăн аталантармалли, халăх хуçалăхне производство техники тĕлĕшĕнчен çÿлерех шая куçармалли пилĕкçуллăх, пахалăх показателĕсене пур енĕпе те чылай ÿстермелли тата хуçалăха ертсе пырассине лайăхлатмалли пилĕкçуллăх пулса тăмалла.**

## Çĕнĕ пилĕкçуллăх задачисене ăнлантарса парасси—пысăк ĕç

Совет халăхĕ хăйĕн аслă çĕнтерĕвĕсене Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе тунă. Партин тĕп çул-йĕрне, парти туса хатĕрленĕ плансене пурнăçласа тата парти ертсе пынипе хамăр çĕршыва индустриализациленĕ, ялхуçалăхне коллективизациленĕ, тĕнчери пĕрремĕш социализмлă общество туса хунă. Халĕ Коммунистсен партийĕ Совет Союзĕнчи ĕçсыннисене коммунизм çулĕпе шанчăклăн малалла ертсе пырать. Тăван çĕршыва вăйлатассишĕн, халăх ырлăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнăшăн совет çыннисем Коммунистсен партине пĕтĕм чунтан-чĕререн юратаççĕ тата ăна шанса тăраççĕ.

Çак кунсенче ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ пичетленсе тухрĕ. Ăна КПСС Центральнăй Комитечĕ нумай пин предприятисемпе колхозсен коллективĕсем панă сĕнÿсене шута илсе туса хатĕрленĕ. Директивăсен проектĕнче Коммунистсен партийĕ Совет Союзĕн вăй-хăватне малалла ÿстерессишĕн, халăх пурнăçне малалла лайăхлатассишĕн, унăн культурине ÿстерсе пырассишĕн тăрăшни уççăн курăнса тăрать.

**«СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн тĕп задачисем,—тесе каланă Директивăсен проектĕнче,—çаксем пулаççĕ: йывăр промышленноçа пуринчен ытларах аталантарнă, техникăна пĕрмаях малалла аталантарса пынă тата ĕç тухăçлăхне ÿстерсе пынă никĕс çинче халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăватлăн малалла аталантармалла, ялхуçалăх производствине хăвăрт вăйлатмалла, çавна май совет халăхĕн материальнăй пурнăçне чылай лайăхлатмалла тата культурине чылай ÿстермелле».**

КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле пирĕн Чăваш республикинчи ĕçсыннисем те чунтан-чĕререн ырласа кĕтсе илчĕç. Республикăри предприятисемпе учрежденисенче тата колхозсенче пулса иртекен пухусенче ĕçсыннисем Директивăсен проекчĕ çинчен докладсем итлесе сÿтсе яваççĕ тата проекта ырласа хăйсен шухăшĕсене каласа параççĕ. Предприятисен коллективĕсем Директивăсен проектне сÿтсе явнă май çĕнĕ, пысăкрах обязательствăсем илеççĕ, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕнче—1956 çулхи производство планне срокчен тултарма пулаççĕ.

Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнчи çип арлакан тата пир тĕртекен фабрикăсенче пысăк пухусем пулса иртнĕ. Пухусенче тухса каланă инженерсемпе техниксем, рабочисемпе работницăсем Директивăсен проектне хĕрÿллĕн ырланă. Çип арлакан фабрика коллективĕ оборудованипе лайăхрах усă курма, ĕç тухăçлăхне 1956 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, 10 процент ÿстерме, çулталăкра çĕр мамăкĕ 30 тоннăран кая мар перекетлеме, çип пахалăхне лайăхлатма пулнă. Пир тĕртекен фабрика коллективĕ те çĕнĕ, пысăкрах обязательство илнĕ.

Куславкkари çуртсем тăвакан завод цехĕсенче пухусем пулса иртеççĕ. Столярнăй цех коллективĕн пухăвĕ Директивăсен проектне хĕрÿллĕн ырланă. Цехра ĕçлекенсен шукăш-кăмăлне палăртса, В. Никифоров столяр пухура çапла каланă:

— Улттăмĕш пилĕк çуллăх план вăл—мирлĕ ĕçсен планĕ. Партипе правительство Тăван çĕршыври халăхсен телейĕпе малашлăхĕшĕн куллен тăрăшнипе хавхаланса, эпĕ кашни сменăра 1,5—2 норма тултарса пыма пулатăп.

Республикăри пур районсенчен те машина-трактор станцийĕсенчи механизаторсен пухăвĕсем, çавăн пекех чылай колхозсенче колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсем пулса иртни, ялхуçалăх ĕçченĕсем Директивăсен проектне хĕрÿллĕн ырлани çинчен хыпарсем килсе тăраççĕ.

Партин Центральнăй Комитечĕ КПСС XX-мĕш съезчĕ валли хатĕрленĕ чаплă документа кашни ĕçсынни вуласа тухма тăрăшать. Çапах та Директивăсен проекчĕпе мĕнпур ĕçсыннисене паллаштарас тесе пуçламăш парторганизацисен, партин хула комитечĕсен тата райкомсен пысăк ĕçсем туса ирттермелле. Çак документа пуçламăш парторганизацисен, çавăн пекех предприятисен, учрежденисен, колхозсен коллективĕсен пухăвĕсенче сÿтсе явассине организацилемелле. Агитацине пропаганда ĕçне анлăн сарса, проект текстне ĕçсыннисене вуласа памалла, каласусем, докладсем тата лекцисем ирттермелле.

Директивăсен проектне халăха ăнлантарса парас ĕçе парти, совет, профсоюз, комсомол организацийĕсен, çавăн пекех хуçалăх организацийĕсен руководителĕсем анлăн хутшăнни кирлĕ. Вĕсен, предприятисенчи цехсенче, колхозсенчи бригадăсенче тата фермăсенче пулса, ĕçсыннисем хушшинче каласусем, докладсемпе лекцисем ирттермелле. Çавăн пекех ку ĕçе парти организацийĕсем уйăрнă агитаторсен активлă туса пымалла.

Парти вĕренĕвĕн системинче—кружоксенче, политшкулсенче, семинар занятийĕсенче—Директивăсен проектне тĕплĕн вĕренессине организацилес пулать. Пропагандистсен йывăр промышленность пĕтĕм халăх хуçалăхне аталантармалли никĕс пулса тăни çинчен, улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленноçа, техникăна, ялхуçалăхне, наукăпа культурăпа аталантармалли, халăх пурнăçне малалла лайăхлатса, унăн культурине ÿстерсе пымалли задачăсем çинчен тĕплĕн ăнлантарса памалла.

Директивăсен проектне ĕçсыннисене ăнлантарса парассипе республикăри предприятисем, совхозсем, МТС-сем, колхозсем тата промысла кооперацийĕн артелĕсем умĕнче тăракан задачăсемпе таччăн çыхăнтарса туса пырас пулать. Партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса илнĕ обязательствăсене кашни предприяти коллективĕ пурнăçласа пытăр. Машина-трактор станцийĕсен коллективĕсен тракторсемпе ытти машинăсене вăхăтра юсаса çитерессишĕн кĕрешмелле. Кашни колхозра парти съезчĕ уçăлнă тĕле суракине хатĕрленсе çитессишĕн, вырăнти удобренисем ытларах хатĕрлесе уя кăларассишĕн, выльăх-чĕрлĕхе тĕрĕс-тĕкел хĕл каçарассишĕн, çамрăк выльăхсене лайăх пăхса илессишĕн, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерсе пырассишĕн кĕрешмелле. Кăçал вăйлă тырпул пăхса ÿстерер, ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăвăрт çĕклентерес задачăна пурнăçлар!—çак тĕллевпе туса пымалла колхозниксемпе колхозницăсем хушшинчи ăнлантару ĕçне.

Социализмла хуçалăх çирĕпленсе, вăйланса пыни Тăван çĕршывăн оборона хăватне тĕреклетмелли никĕс пулнипе пĕрлех, совет халăхĕн пурнăçне малалла лайăхлатмалли никĕс пулса тăрать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине вăтам шутпа 30 процента яхăн, колхозниксем натурăпа тата укçан илекен тупăшсене вăтам шутпа 40 процентран кая мар ÿстерме палăртнă. Çакна пурнăçлама предприятисенче производство планне тăтăшах тултармалла, ĕç тухăçлăхне ÿстермелле, колхозсен обществăлла хуçалăхне тĕреклетсе, обществăлла хуçалăхăн тупăшĕсене ÿстерсе пымалла.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ совет халăхĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлассишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлессине шанса тăрать. **«Улттăмĕш пилĕкçуллăха ăнăçлăн пурнăçа кĕртесси,—тесе каланă Директивăсен проектĕнче,—çынсенчен—рабочисенчен, колхозниксенчен, интеллигенцирен, вĕсем вăя шеллемесĕр, паттăр ĕçленинчен килет, пирĕн парти, совет, хуçалăх, профсоюз организацийĕсен организаторла ĕçĕнчен, вĕсем промышленность предприятийĕсене, стройкăсене, колхозсене, машина-трактор станцийĕсене, совхозсене мĕнле ертсе пынинчен килет».**

Коммунистсен партийĕ хавхалантарса ертсе пыракан совет халăхĕ умра тăракан пысăк задачăсене яланах ăнăçлă пурнăçласа пынă. Вăл партин XX-мĕш съездне ĕçри çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илĕ, улттăмĕш пилĕкçуллăхри пысăк задачăсене те ăнăçлă пурнăçа кĕртĕ.

## Улттăмĕш пилĕк çуллăх план задачисем совет халăхне коммунизм тăвас ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантараççĕ

### Çĕнĕ çитĕнÿсемшĕн!

МУРКАШ. (Хамăр корр). Районти ĕçсыннисем ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕç. Халĕ предприятисемпе колхозсенче Директивăсен проектне сÿтсе яваççĕ. Парти райкомĕ ĕçсыннисене Директивăсен проекчĕ çинчен ăнлантарса пама ялсене партипе совет активĕнчен 25 çынна янă.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ пичетленсе тухнă хаçатсене илсенех Карл Маркс ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци агитаторсен канашлăвне ирттернĕ, унта çак историлле документпа тĕплĕн паллашнă. Халĕ колхозри агитаторсем Директивăсен проекчĕ çинчен колхозниксене ăнлантарса параççĕ.

Пирĕн çĕршывра коммунизм строительствин чаплă та пысăк малашлăхне уçса паракан документ районти ĕçсыннисен производствăри активлăхне тата ытларах ÿстерчĕ. «Красный Октябрь» ялхуçалăх артелĕн членĕсем Директивăсен проектне радиопа пĕлтернĕ хыççăн тепĕр кунех колхоз валли строительство материалĕсем хатĕрлеме вăрмана массăллăн тухса кайрĕç.

— КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ,—тет колхоз председателĕ А. Федоров юлташ,—пире тата пысăкрах çитĕнÿсем тума хавхалантарать. Пирĕн колхоз членĕсем кăçал кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илме, кашни ĕнерен 2.000-шер килограмм сĕт суса илме, çулталăк хушшинче сысна ашĕ туса илессине икĕ хут ÿстерме сăмах пачĕç. Çакна эпир пурнăçлатпăрах.

Районти промкомбинатра ĕçлекенсем улттăмĕш пилĕк çуллăхăн пĕрремĕш çулĕнче халăха куллен кирлĕ таварсем планран ирттерсе çур миллион тенкĕлĕх туса кăларма пулнă.

### Электроаппаратчиксен шухăш-кăмăлĕ

Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне тивĕçлипе кĕтсе илме хатĕрленсе, Шупашкарти электроаппаратура завочĕн коллективĕ çак кунсенче çĕнĕ туйăмпа, çĕнĕ вăй-хăватпа ĕçлет. Рабочисем, инженерсемпе техниксем, конструкторсем съезд ячĕпе илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн, Тăван çĕршыва паха та кăткăс аппаратсем вăхăтра туса парассишĕн кĕрешеççĕ.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ завод коллективне ĕçре пысăк çитĕнÿсем тума хавхалантарать.

Инструментальнăй цех. Висĕмкун кунти рабочисем — токарьсемпе слесарьсем, строгальщиксем, фрезеровщиксем, шлифовщиксем тата инженерсемпе техниксем мĕн пурĕ 180 çын ытла Директивăсен проектне сÿтсе явма пĕр çĕре пухăнчĕç. Вĕсем цех начальникĕн заместителĕ Рогачев юлташ çак чаплă документăн пĕлтерĕшĕ çинчен каласа панине пысăк тимлĕхпе итлерĕç.

Заводри паллă фрезеровщик-новатор, коммунист Королев юлташ сăмах илет. Вăл çапла калать:

— Директивăсен проектĕнче электротехника промышленноçĕ умне пысăк задачăсем лартнă. Пирĕн улшăнман ток парса тăракан пысăк вольтлă линисем валли электрооборудованипе электроаппаратура тума вĕренсе çитмелле. Умри пысăк задачăсене пурнăçа кĕртес тесен, пирĕн тата ытларах вăй хумалла, Тăван çĕршыв ырлăхĕпе пуянлăхĕшĕн хастарлăн кĕрешмелле.

Королев юлташ пилĕк çулхи хăйĕн заданине кăçалхи 11 уйăх хушшинче пурнăçлама, рационализаторла икĕ сĕнÿ пама пулчĕ.

Рабочисем пĕрин хыççăн тепри тухса хăйсен ырă шухăш-кăмăлĕсене каласа параççĕ, çĕнĕ обязательствăсем йышăнаççĕ. Слесарь Литвинский хăйĕн январь уйăхĕнчи заданине 320 процент, строгальщик Гуляевпа слесарь Бодров—230-шар процент, слесарь-строгальщик Юхтановпа фрезеровщик Краснов 200-шер процент тултарма, чи лайăх пахалăхлă продукци туса пама шантарса калаççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пысăкран та пысăк задачисемпе хавхаланса, цех коллективĕ КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне пурнăçлама çĕнĕ обязательствăсем йышăнать: рационализаципе изобретени бюровĕ декабрĕн 1-мĕшĕччен инструментсем хатĕрлеме панă заказа туса пĕтермелле, ĕç тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе организацилле-техникăлла ултă мероприяти палăртса пурнăçламалла, гайко-высадочнăй станок валли инструмент туса пĕтермелле, проводсен изоляцине механически майпа тасатмалли хатĕр тумалла.

Çак кунсенче Директивăсен проектне завод коллективĕн пухăвĕнче сÿтсе яваççĕ.

### Нормăна ирттерсе тултараççĕ

КАНАШ. (Хамăр корр.). Çăкăр заводĕнче ĕçлекенсем партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пысăк çĕкленÿпе кĕтсе илчĕç. Çав документпа паллашнă хыççăн, малта пыракан бригадăн бригадирĕ В. Евстифеев коммунист çапла каларĕ:

— Совет халăхĕ кашни пилĕк çуллăх плана ирттерсе тултарнă. Çакă пире лайăх пурнăç тума май пачĕ. Улттăмĕш пилĕк çуллăх плана та эпир чыслăн тултарăпăр, çавăншăн мĕнпур вăя, пултарулăха парса ĕçлĕпĕр. Пирĕн бригада плана тăтăшах ирттерсе тултарать, малашне тата тухăçларах ĕçлĕпĕр, лайăх продукци çеç туса кăларăпăр,—терĕ.

Январĕн пĕрремĕш çур уйăх планне завод 106 процент ытла тултарчĕ. Евстифеев юлташ бригади уйрăмах лайăх тĕслĕх кăтартать, нормăна куллен 115—120 процент тултарать.

### Колхоз ĕçченĕсен сăмахĕ

КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне Сĕнтĕр районĕнчи ĕçсыннисем пысăк хаваслăхпа сÿтсе яваççĕ тата ăна пĕр кăмăллă пулса ырлаççĕ. Ялти агитаторсемпе пропагандистсем çак пысăк пĕлтерĕшлĕ, историлле документа уй-хир бригадисенче тата выльăх-чĕрлĕх фермисенче колхоз ĕçченĕсене тĕплĕн ăнлантарса параççĕ.

Çак кунсенче «Броневик» колхозра колхозниксен пĕрлехи пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ çинчен колхоз председателĕ П. Сурский юлташ доклад туса пачĕ. Вăл, улттăмĕш пилĕк çуллăх план çĕршыв умне питех те пысăк задачăсем кăларса тăратнине палăртса, колхоз ĕçченĕсене умра тăракан задачăсене пурнăçлассишĕн вăйхăвата шеллемесĕр ĕçлеме чĕнчĕ.

— Эпир, колхозлă ял ĕçченĕсем,—терĕ виççĕмĕш уй-хир бригадин бригадирĕ А. Моисеев юлташ,—çĕршывра 1960 çул тĕлне 11 миллиард пăт тĕштырă туса илес, выльăх-чĕрлĕх продукцийĕ туса илессине икĕ хут ÿстерес задачăна пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăйпа тăрăшса ĕçлĕпĕр. Пирĕн умра халĕ съезд уçăлнă тĕле суракине пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитес задача тăрать. Кăçал эпир гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă туса илессине пурнăçлатпăрах.

Пухура çавăн пекех ватă колхозник С. Лаптев юлташ сăмах тухса каларĕ. Вăл та КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне чĕререн ырларĕ. Пĕтĕм колхозниксен шухăш-кăмăлне палăртса, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшнăшăн Коммунистсен партине пĕтĕм чĕререн тав турĕ.

А. СОЛОВЬЕВ.

## Çĕнĕ завод тунă çĕрте

Пĕр-икĕ çул каялла кунта, Шупашкартан кăнтăр-хĕвелтухăçнерехре, уй-хир кăначчĕ. Халĕ рабочисен поселокĕ ÿссе ларчĕ. Юнашарах тимĕр конструкцисенчен тунă çурт каркасĕсем курăнса лараççĕ. Хăватлă крансем пĕлĕтелле кармашаççĕ. Çулсем тăрăх вуншар машина чупать: пĕрисем—кирпĕч, теприсем—йывăç материалсем, кирпĕч купалама раствор турттараççĕ. Иртен пуçласа мĕн каçченех стройкăра хĕрÿ ĕç пырать. Кунта Шупашкарти трактор пайĕсем тăвакан завод лартаççĕ.

СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантарма КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче çапла каланă: **«Центрти районсенче—шăратакан виçĕ заводран кая мар тумалла, вĕсен çулталăкне пĕтĕмпе 110 пин тонна шăратмалла, Шупашкарти трактор пайĕсем тăвакан заводра çулталăкне 40 пин тонна шăратакан специализациленĕ цех тумалла».**

Мĕнле ĕçсем тăваççĕ-ха халĕ çĕнĕ стройкăра? Завод хăçан пĕрремĕш продукци туса кăларма тытăнать? Çак ыйтусем чылай çынсене хумхантараççĕ.

Акă, пулас заводăн тĕп корпусĕпе юнашар кăнтăр еннелле шăратакан цех вырнаçать. Çĕнĕ пилĕкçуллăхра çак цеха туса пĕтерсе ĕçе ярасси тата унта çулталăкне 40 пин тонна металл шăратасси çинчен каланă. Ку хыпар строительсене чун-чĕререн савăнтарать, çĕнĕ вăйпа ĕçлеме хавхалантарать.

Цех стройкинче чылай ĕçсем тунă ĕнтĕ. Çуртăн каркасне пĕтĕмпех тимĕр конструкцисенчен пухнă. Тĕрлĕ траншейăсем чавнă, вуншар пин кубометр тăпра чавса ăна урăх çĕре турттарнă. Хальхи вăхăтра кунта каменщиксем А. Мальковпа В. Тюлькин бригадисем стенасем купалаççĕ. Çанталăк сивĕ пулсан та ĕç пĕр самантлăха та чарăнмасть. Хаваслăн ĕçлени курăнать. Стройкăна самосвалсемпе раствор кÿрсех тăраççĕ, платниксем çурт купалама пусмасем хатĕрлеççĕ. Вăхăт кĕтмест: васкамалла.

— Пур каменщиксем те партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла обязательствăсем йышăнчĕç, ăмăртăва хутшăнчĕç,—каласа парать Мальков юлташ. — Кашни строителĕн пĕр шухăш-кăмăл: ĕçе пур майсемпе те хăвăртлатасси.

Вăл ертсе пыракан бригадăра чылайăшĕ чăваш çамрăкĕсем. Нумаях пулмасть вĕсем колхозсенче ĕçленĕ, халĕ—стройкăри паллă каменщиксем. Чылайăшĕ çурт купаланă çĕрте ĕçлесе пысăк опыт пухнă, стройкăри кашни кирпĕч вĕсен аллийĕ витĕр тухнă. Бригада унччен чылай çĕрте ĕçленĕ. Рабочисем валли пурăнмалли çуртсем тунă, тĕп корпуса купаланă. Халĕ çеç туса лартнă инструментальнăй цех çуртне тунă çĕре те хутшăннă. Халĕ малта пыракан бригадăна металл шăратакан цех çуртне купалама куçарнă. Хисеплĕ ĕç шанса панă вĕсене. Çакна кашни рабочи пĕлсе тăрать. Ахальтен мар вĕсем ĕçе ялан хăвăртлатса пыраççĕ, материалсене тирпейлĕ тыткалаççĕ. Стройкăра ваннă кирпĕч сапаланса выртни, раствора усăсăр тăккалани çук.

Бригадăра нормăна тултарса пырайман рабочисем çукпа пĕрех. Нумайăшин кулленхи ĕç результачĕ 110—120 процент. Пĕр-икĕ эрне каярах бригадăна строительство шкулĕнчен вĕренсе тухнă çамрăк каменщиксем А. Иванов, И. Григорьев, Ж. Жидков юлташсем пынă. Хăйăху пулман пирки вĕсем малтанхи кунсенче сиввĕ ĕçлемен, кирпĕче аран майлаштаркаланă. Халĕ çамрăксем те хăйсен ăсталăхне ÿстерсе пыраççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхне малалла аталантармалли план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсем çинчен рабочисем радио тăрăх итлерĕç, хаçатсем вуласа пĕлчĕç. Бригадир-коммунист А. Мальков юлташ Директивăсен проекчĕ тăрăх каменщиксем хушшинче калаçу ирттерчĕ.

— Эпир металл шăратакан цех çуртне срокчен туса пĕтерме сăмах паратпăр,—терĕç рабочисем.

Заводăн тĕп корпусне тунă çĕрте те ăнăçлă ĕçлеççĕ. Монтажниксем çурт çине тимĕрбетонран тунă тĕрлĕ йышши конструкцисем вырнаçтарса хураççĕ. Вĕсене крановщиксем пĕр чăрмавсăр ĕçлени нумай пулăшать. Тĕрлĕ профессилле рабочисем умĕнче пĕр задача: çурт çийне хăвăртрах витсе пĕтересси. Б. Белов крановщик стройкăра ĕçлеме тытăннăранпа пĕр çулталăк анчах иртнĕ-ха, апла пулин те вăл хăйĕн специальноçне тĕплĕн вĕренсе çитнĕ. Сменăри нормăна яланах ирттерсе тултарать. Унăн кранĕ пĕр сехет те ĕçлемесĕр лармасть.

— Партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе ĕç вăхтине тăрса, эпĕ сменăри заданине 110 процентран кая мар тултарма тăрăшатăп,—тет вăл.

Арматурщиксемпе бетонщиксем стройкăна тимĕрбетонран пысăк блоксем, плитасем, пăрăссем тата ытти детальсем нумай хатĕрлесе параççĕ. Тимĕрбетон конструкцисем туса кăларассине чылай механизациленĕ. Цементпа грави хутăшне машинăпа çăрассĕ. Пропарочнăй камерăсенче пĕр вăхăтрах темиçе тонна тимĕрбетон конструкци çĕрĕплетсе хытараççĕ. Хатĕр продукцие хăватлă механизмсемпе строительство площадкине ăсатаççĕ. Çак кунсенче В. Елдырева, Н. Палькова, Р. Шугаева, К. Семенов юлташсем уйрăмах пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Ăста бетонщиксем камерăсене пĕтĕм хăвачĕпе ĕçлеттерме тăрăшаççĕ.

Строительсен ĕçĕнче ответлă тапхăр пуçланчĕ. Вĕсен кăçалхи тăваттăмĕш кварталта металл шăратакан цех çуртне туса пĕтермелле. Ун хыççăн монтаж ĕçĕсем тумалла. Цехра метала хăвăрт тата питĕ тĕрĕс шăратмалли оборудовани пулать. Производство операцийĕсене пĕтĕмпех механизацилеме палăртнă. Уйрăм участоксенче конвейерсем вырнаçтарса лартмалла. Метала пĕтĕмпе пекех электричествăпа шăратмалла пулать. Хатĕр продукцие куçарассине те механизацилеме палăртнă.

Цехра шăратнă металл заводри ытти цехсенче детальсем тунă çĕре каять.

Трактор пайĕсем тăвакан заводăн механически цехĕсенче кăçал трактор пайĕсем туса кăларма палăртнă. Производствăна лайăх пĕлекен токарьсем, фрезеровщиксем тата ытти специалистсем нумай кирлĕ пулаççĕ. Завод директорĕн кабинетне халĕ кулленех çынсем нумай пыраççĕ. Çĕршыври ытти хуласенчен те çырусем çыраççĕ. Вĕсем пурте çĕнĕ предприятире ĕçлеме кăмăл тăваççĕ.

Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăннă строительсем специализациленĕ завода тунă çĕрте пысăк çĕкленÿпе ĕçлеççĕ. Нимĕн иккеленмелли те çук, вĕсем, строительство ĕçĕсене малашне те хăвăртлатса пырсан, çĕнĕ пилĕк çуллăх заданине ăнăçлă пурнăçлĕç.

Н. ГЕРАСИМОВ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Шупашкарти трактор пайĕсем тăвакан заводăн чугунпа хурçă шăратакан цехне тунă çĕрте.

Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

## ССР Союзĕн орденĕсене пани

Январĕн 20-мĕшĕнче, Кремльте, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарьне Д. Т. Шепилова, СССР Транспорт строительствин министрне Е. Ф. Кожевникова Ленин орденĕсем панă. Д. Т. Шепилова — çуралнăранпа 50 çул тултарнă май, Коммунистсен партийĕпе Совет государстви умĕнче тава тивĕçлĕ ĕçсем тунăшăн, Е. Ф. Кожевникова—çуралнăранпа 50 çул тултарнă май, строительство енĕпе тава тивĕçлĕ ĕçсем тунăшăн Ленин орденĕпе наградăланă.

Орденсем илсе, Д. Т. Шепиловпа Е. Ф. Кожевников хăйсен ĕçĕсене пысăка хурса хакланăшăн Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине хĕрÿллĕн тав тунă тата Совет государствине малалла çирĕплетсе пырассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлетпĕр, тесе шантарса каланă.

К. Е. Ворошилов Д. Т. Шепиловпа Е. Ф. Кожевникова пысăк наградăсем панă май чĕререн саламланă, партипе государствăн пысăк ĕçĕсене туса пыма ырă суннă.

# Халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсем ҫинче ӗҫлесе мала тухнӑ комсомолецсемпе ҫамрӑксен канашлӑвӗ

Ҫӗпӗрти, Алтайри тата Казахстанри вӗҫӗ-хӗррисӗр анлӑ уйсенчен, Атӑл тӑрӑхӗпе Урал леш енчи ҫеҫенхирсенчен, инҫетри Амур облаҫӗнчи тата ҫӗршывӑн хӗвелтухӑҫӗнчи ытти районӗсенчен Мускава хастарлӑ ҫамрӑксем, халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсемпе усӑ курас ӗҫре мала тухнӑ ҫынсем пухӑннӑ. Январӗн 20-мӗшӗнче вӗсем Кремльти Пысӑк двореца пынӑ. Икӗ ҫул каялла ҫак дворецра малтанхи добровольцсем ҫӗнӗ аслӑ ӗҫе—Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви хушнӑ ӗҫе чунчӗререн хавасланса тытӑнма чаплӑн тупа тунӑччӗ.

Тӑван парти ырӑ сунса янӑ ҫамрӑксем, ҫӗрӗҫӗнчи опытлӑ ҫынсемпе пӗрле, пӗтӗм совет халӑхӗ пулӑшнипе, халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсене 30 миллион гектар ытла сухаларӗҫ. Тӑван ҫӗршыв валли миллионшар пӑт паха тырӑ туса пачӗҫ.

Халиччен сухаламан ҫӗрсемпе усӑ курас ӗҫе кайнӑ ҫамрӑксене халӗ ӗнтӗ ку тарӑнччен тунӑ ӗҫсен итогӗсене палӑртма, пӗрпӗрин опычӗпе паллашма Мускава чӗнпӗ.

Ирхине 10 сехет тӗлне Кремльти, СССР Верховнӑй Совечӗн ларӑвӗсене иртгерекен залра халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсемпе усӑ курма тытӑннӑ мӗнпур облаҫсен представителӗсем пин ҫын ытла пухӑннӑ. Нумайӑшӗн кӑкӑрӗ ҫинче—ВЛКСМ Центральнӑй Комитечӗн «Ҫӗнӗ ҫӗрсемпе усӑ курнӑшӑн» ятлӑ медалӗсем, Пӗтӗм Союзри ялхуҫалӑх выставкин участникӗсен медалӗсем.

ВЛКСМ Центральнӑй Комитечӗ, СССР Совхозсен министерстви, ялхуҫалӑх тата хатӗрлев министерствисем, Хулапа ял строительствин министерстви хушнипе канашлӑва ВЛКСМ Центральнӑй Комитечӗн пӗрремӗш секретарӗ А. Н. Шелепин уҫнӑ.

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитечӗн Президиумӗн составне хисеплӗ президиума суйласси ҫинчен панӑ ҫӗнӗве канашлу участникӗсем нумайччен тӑвӑллӑн алӑ ҫупса ырланӑ.

Унтан канашлӑвӑн кун йӗркипе ӗҫлемелли йӗркине ҫирӗплетнӗ. СССР Совхозсен министрӗ И. А. Бенедиктов, СССР Ялхуҫалӑх министрӗ В. В. Мацкевич тӑвакан докладсене тата «Комсомолецсемпе ҫамрӑксен халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсемпе усӑ курас, тӗштырӑ туса илессине ӳстерес ӗҫри малашнехи задачисем ҫинчен» ВЛКСМ Центральнӑй Комитечӗн докладне сӳтсе явма йышӑннӑ.

Доклад тума СССР Совхозсен министрне И. А. Бенедиктова сӑмах параҫҫӗ.

Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви ертсе пынипе, пирӗн пӗтӗм халӑх пулӑшнипе, тет Бенедиктов юлташ, ялхуҫалӑхӗнчи ӗҫченсем ялхуҫалӑхне вӑйлатмалли питех те пысӑк программӑна ӑнӑҫлӑ пурнӑҫласшӑн ҫине тӑрса кӗрешеҫҫӗ. Халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсемпе усӑ курас ӗҫе йӗркелесси ҫак программӑн пите кирлӗ пайӗ пулса тӑрать.

Ялхуҫалӑхӗнчи ӗҫченсем паян Коммунистсен партийӗн Центральнӑй Комитетне, Совет правительствине, хамӑрӑн пӗтӗм халӑха ҫакӑн ҫинчен саванса пӗлтереҫҫӗ: ҫӗршывӑн хӗвелтухӑҫ тата кӑнтӑр-хӗвелтухӑҫ районӗсенчи халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсене сухаласа тырӑ акас тӗлӗшпе панӑ задание пурнӑҫланӑ. Икӗ ҫул хушшинче совхозсем халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсене 13 миллион та 640 пин гектар сухаланӑ, тӗштырӑ акса тӑвакан 425 ҫӗнӗ совхоз организациленӗ.

Ҫӗнӗ ҫӗрсемпе усӑ куракан совхозсене, Коммунистсен партийӗ чӗннипе, 233 пин рабочи, строительсемпе пӗрле вара—300 пин ҫын ытла кайнӑ.

Партипе Правительство ӗҫри ӑнӑҫлӑх ҫынсенчен, ӗҫе лайӑх ертсе пынинчен, ӗҫе пӗлнинчен килет, вӗсем ӗҫре тӗп вырӑнта тӑраҫҫӗ, тесе кӑтартса панисем тӗрӗс пулнине малта пыраканӗсен опычӗ татах тепӗр хут ҫирӗплетсе пачӗ. Ҫакна докладчик малта пыракан хуҫалӑхсен — Кокчетав облаҫӗнчи Ждановски совхозӑн, Красноярск крайӗнчи Тюпски, Алтай крайӗнчи «Комсомольский» совхозсемпе ытти хуҫалӑхсен примерӗпе кӑтартса панӑ.

Халиччен сухаламан ҫӗрсемпе усӑ курас тӗлӗшпе лайӑх ӗҫленӗшӗн 65 ҫӗнӗ совхоза, ҫӗршер бригадӑсене тата малта пыракан пиншер ӗҫченсене Пӗтӗм Союзри ялхуҫалӑх выставкин участникӗсем пулма ҫирӗплетнӗ.

Халиччен сухаламан ҫӗрсемпе усӑ курма государство ялхуҫалӑхне пысӑк тухӑҫлӑ чи ҫӗнӗ техникӑпа хӗҫпӑшаллантарчӗ. Ҫак ҫӗрсемпе усӑ куракан совхозсем кӑна гусеницӑллӑ 36 пин трактор, тӗштырӑ пухса кӗртмелли 25 пин комбайн, грузсем турттармалли 14 пин автомобиль, нумай ялхуҫалӑх машинисем тата тӗрлӗ оборудовани илчӗҫ.

Докладчик партин XX-мӗш съезчӗ паракан Директивӑсен проектӗнче халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ, нумай укҫа-тенкӗ расходламасӑрах тырпул лайӑх ӳсекен ҫӗрсемпе усӑ курассине малалла аталантарма кирлине кӑтартса пани ҫинчен калать. Ҫак ҫӗрсемпе усӑ курни Партипе Правительство лартнӑ пите пысӑк задачӑна—пухса кӗртекен пӗтӗм тӗштырӑ хисепне 11 миллиард пӑта ҫитерес задачӑна пурнӑҫлама пулӑшӗ.

Ҫӗнӗ ҫӗр лаптӑкӗсемпе усӑ курассишӗн, хуҫалӑхсем тупӑш ытларах памалла тӑвассишӗн пыракан кӗрешӳре совхозсен работникӗсем умӗнче тӑракан задачӑсем ҫинчен Бенедиктов юлташ тӗплӗн каласа панӑ.

СССР Ялхуҫалӑх министрӗ В. В. Мацкевич юлашки ҫулсенче Коммунистсен партийӗпе Совет правительстви ялхуҫалӑхне малалла хӑвӑрт вӑйлатма паха мерӑсем чылай йышӑнни ҫинчен каланӑ. Ҫав пысӑк ӗҫсене пурнӑҫланипе 1955 ҫулта колхозсемпе МТС-сем тӗштырӑ, аш-какай, сӗт, ҫӑм тата ытти ялхуҫалӑх продукчӗсем нумайрах туса илнӗ.

Докладчик тӗштырӑ туса илессине ӳстерес ӗҫре кукуруза мӗнле вырӑн йышӑнса тӑни ҫинчен, ҫӗнӗ районсенче, уйрӑмах халиччен сухаламан ҫӗрсемпе усӑ курма тытӑннӑ районсенче ҫак культурӑна ҫавҫавах ҫителӗксӗр хаклани ҫинчен каланӑ.

Мацкевич юлташ халиччен сухаламан ҫӗрсем тӗштырӑ туса илессине ӳстермелли питӗ паха ҫӑлкуҫ пулса тӑнине палӑртать. 1954 ҫултах ӗнтӗ Ҫӗпӗр районӗсене 1953 ҫулхинчен икӗ хут нумайрах, Алтай крайӗнче вара 4 хута яхӑн нумайрах тырӑ пухса кӗртнӗ.

Парти чӗннипе ҫӗнӗ ҫӗрсемпе усӑ курнӑ ҫӗрте ӗҫлеме пынӑ вуншар пин ҫамрӑксемпе хӗрачасем пуян Ҫӗпӗр крайне, Казахстанӑн вӗҫӗ-хӗррисӗр анлӑ ҫеҫенхирӗсене юратрӗҫ, унта ӗҫлесе пурӑнакан ҫынсемпе тусланрӗҫ, хӑйсен ҫӗнӗ специальноҫӗсене юратрӗҫ. Халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсемпе усӑ курас ӗҫре ҫамрӑк патриотсем чаплӑ ситӗнӳсем турӗҫ. Вӗсенчен нумайӑшӗн ячӗсене халӗ пӗтӗм ҫӗршыв пӗлет.

Мацкевич юлташ суракине хатӗрленес ӗҫ ыйтӑвӗсем ҫинче тӗплӗ чарӑнса тӑнӑ.

Юлашкинчен докладчик КПСС XX-мӗш съезчӗ паракан Директивӑсен проектӗнче ялхуҫалӑх умне лартнӑ задачӑсем ҫинчен каланӑ, парти съезчӗ ячӗпе пыракан пӗтӗм халӑх ӑмӑртӑвӗнче ҫамрӑксем пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнине палӑртнӑ.

Унтан ВЛКСМ Центральнӑй Комитечӗн секретарӗ А. Н. Шелепин доклад туса панӑ. Халиччен сухаламан ҫӗрсемпе усӑ курма тытӑнни, тенӗ вӑл, комсомолӑн, мӗнпур совет ҫамрӑкӗсен мухтавлӑ ӗҫӗсен летописне вӗсен чаплӑ паттӑрлӑхӗ ҫинчен каласа паракан ӗҫ пулса кӗрет. Хӑйсене ҫӗнӗ ҫӗрсемпе усӑ курас ӗҫе яма ыйтса, пӗр миллион ытла ҫамрӑксемпе хӗрачасем комсомол комитечӗсене заявленисем пачӗҫ. Ҫак патриотла ӗҫкленӳре совет ҫамрӑкӗсен чаплӑ пахалӑхӗсем—Тӑван ҫӗршыва, халӑха юратни, Коммунистсен партийӗн ӗҫне вӗҫӗ-хӗррисӗр парӑнни палӑрчӗҫ.

Ҫӗнӗ ҫӗрсем ҫинче, тет докладчик, ҫирӗп характерлӑ ҫынсем пухӑнчӗҫ. Вӗсене йывӑрлӑхсем хӑратаймарӗҫ. Халиччен сухаламан ҫӗрсемпе усӑ курас ӗҫре ҫамрӑксем чӑн-чӑн пурнӑҫ шкулӗ, коммунизм шкулӗ витӗр тухаҫҫӗ. Унта ялхуҫалӑх производствин ҫӗнӗ мастерӗсем ӳссе ҫитӗнчӗҫ. Вӗсенчен 9 пин ҫынна ытла ВЛКСМ Центральнӑй Комитечӗн «Ҫӗнӗ ҫӗрсемпе усӑ курнӑшӑн» ятлӑ медалӗпе наградӑланӑ, 5 пин ҫын—Пӗтӗм Союзри ялхуҫалӑх выставкин участникӗсем.

Шелепин юлташ ҫӗнӗ ҫӗрсем ҫине пурӑнма кайнӑ ҫынсем вӑй-хала шеллемесӗр тӑрӑшса ӗҫлеппи примерӗсене илсе кӑтартать. Унта вӗсем малтанхи кунсенчех социализмла ӑмӑрту пуҫланӑ. Иртнӗ ҫулта кӑна Пӗтӗм Союзри ҫамрӑк механизаторсен ӑмӑртӑвӗнче пӗррелӗш вырӑна тухассишӗн 8 пине яхӑн трактор бригадисем тата тракторпа уй-хир бригадисем ӑмӑртса ӗҫленӗ. Кустанай облаҫӗнчи Джаркуль МТС-ӗнчи Иван Рудский бригади тивӗҫлипех чапа тухнӑ. Ҫак бригада 3 пин гектара яхӑн ҫӗнӗ ҫӗр сухаланӑ, вӑйлӑ тырпул ӳстернӗ.

Хастарлӑ ҫамрӑксем хӗвелтухӑҫ районӗсене хӑнана мар, пӗрмаях унта пурӑнма кайрӗҫ, тет Шелепин юлташ. Малтанхи вӑхӑтра вӗсене ҫӑмӑл пулмарӗ. Унта пӗтӗмпех ҫӗнӗрен тумалла пулчӗ. Комсомолецсемпе ҫамрӑксене чысласа, ҫапла калас пулать: вӗсем йывӑрлӑхсене чӑтӑмлӑн тӳссе ирттерчӗҫ. Икӗ ҫул хушшинче ҫеҫенхирсенче лайӑх поселоксем пулса тӑчӗҫ, совхозсено пурне те тенӗ пекех электрификациленӗ тата радио кӗртнӗ. Ҫӗнӗ ҫӗрсем ҫинче туса хунӑ строительство организацийӗсене 1955 ҫулта ҫамрӑксемпе хӗрачасем 100 пин ҫын кайрӗҫ. Ку таранччен тунӑ ситӗнӳсемпе пӗрлех Шелепин юлташ ӗҫе организацилес, ҫамрӑк строительсен канӑвне йӗркелес ӗҫри чылай ҫитменлӗхсене палӑртнӑ. Вӑл ҫынсен пурнӑҫпа йӑла условийӗсене лайӑхлатас ыйтусем ҫинче уйрӑмах чарӑнса тӑнӑ.

Канашлу участникӗсен ячӗпе А. Н. Шелепин КПСС Центральнӑй Комитечӗпе Совет правительствине ҫапла шантарса каланӑ: халиччен сухаламан тата нумай вӑхӑт хушши сухаламасӑр выртнӑ ҫӗрсемпе усӑ курнӑ ҫӗрте паттӑрла тӑрӑшса ӗҫлекен комсомолецсемпе ҫамрӑксем Коммунистсен партийӗ лартнӑ задачӑсене малашне те чыслӑн пурнӑҫласа пырӗҫ.

Савӑнӑҫ ирхи ларӑвӗ вӗҫленнӗ.

Каҫхи ларура докладсем тӑрӑх прениссем пуҫланнӑ. (ТАСС).

# Обществӑлла хуҫалӑх тӗрекленет

Пирӗн колхоз районта юлса пыракан колхозсенчен пӗри шутланнӑ. Ун ҫинчен эпӗ ку колхоза ӗҫлеме пырччен пӗлнӗччӗ. Анчах ҫав териех йывӑр пуласса кӗтменччӗ.

Ӗҫ дисциплини юхӑнса кайни петем ал-урана ҫыхса лартрӗ. Ӗҫе тухман уйрӑм колхозниксемпе тӗл пулса каласас тесе эрни-эрнипе ҫӳреме тиврӗ. Майӗпенех правлени тавра актив чӑмӑртанса пычӗ. Колхозниксен сӗнӗвне пурнӑҫласа, йывӑртарах ӗҫре пулаканисем валли столовӑй уҫрӑмӑр, нумай ачаллӑ хӗрарӑмсем ӗҫе тухма пултарччӑр тесе, вӗсен ачисене сада вырнаҫтарма пулӑшрӑмӑр. Актива тата хуҫалӑхра хастар ӗҫлекен колхозниксене малта пыракан колхозсене илсе кайса кӑтартрӑмӑр.

Ҫаксем вӗсем пурте усӑллӑ пулчӗҫ. Уйхирти тырпула пухса кӗртме пӗр харӑс тытӑнтӑмӑр. Ӗҫ ӑнса пычӗ. Тӑкаксем сахал пулчӗҫ. Малта пыракан колхозниксем тӑрӑшнипе тырпула вӑхӑтра вырса ҫапрӑмӑр. Вӑтам шутпа кашни гектартан 12,3-шер центнер тырӑ тухрӗ. Ку вӑл 1954 ҫулхинчен икӗ хут ытларах пулать.

Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫ те лайӑхланчӗ. Халӗ пирӗн выльӑх-чӗрлӗх иртнӗ ҫулхинчен ытларах. Кашни 100 гектар ҫӗр пуҫне 1954 ҫулхинчен аш-какай 3 центнера яхӑн, сысна ашӗ 4,7 центнер, ҫавӑн пекех сӗт тата ҫӑм та ытларах илнӗ.

Колхоз государство умӗнчи обязательствӑсене пурне те срокчен пурнӑҫларӗ тата закуп шучӗпе сӗт, аш-какай, ҫӑм, тырӑ чылай сутрӗ. Колхозниксене кашни ӗҫкунӗ пуҫне аванс шучӗпе кӑна 2-шер килограмм тырӑ валеҫнӗ. Н. Орловна С. Орлов колхозниксен ҫемйисем икшер тонна ытла, В. Захаров, В. Митрофанов ҫемйисем—икшер тонна, Д. Тимофеева ҫемйи икӗ тоннӑна яхӑн тырӑ илчӗҫ.

Ҫакӑп пек пулчӗ пирӗн 1955 ҫулӑп хӑшпӗр итогӗсем. Паллах, вӗсене ҫителӗклӗ теме ҫук. Пирӗн ӗҫре ҫитменлӗхсем те сахал мар-ха. Выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫсех илер. Халлӗхе фермӑсенчен илекен тупӑш пачах ҫителӗксӗр. Анчах иртнӗ ҫулта выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ӗҫе лайӑхлатма ҫирӗп никӗс хывнӑ: сурӑх вити тунӑ, сысна фермине тӗпрен юсанӑ, чӑх-чӗх вити тавра карта тытнӑ, лаша вити туса пӗтереҫҫӗ. Выльӑхсем валли апат ҫителӗклӗ хатӗрленӗ. Фермӑсенче ҫирӗп йӗрке тунӑ.

Хуҫалӑхри ытти отраслӗсене аталантарас тӗлӗшпе те нумай ӗҫлемелле. Халлӗхе укҫа-тенкӗ тупӑшӗ сахал. Пирӗн условире уйрӑмах сад, пахча ҫимӗҫ, пыл туса илессине лайӑхлатни усӑллӑ, мӗншӗн тесен пирӗн колхоз район центрӗнче тата Капаш хули ҫывӑхӗнче.

Районти организацисен вӑйсӑртарах колхозсене ытларах пулӑшмалла. Анчах халлӗхе пулӑшу ҫителӗксӗр-ха. Парти райкомӗ колхозри парторганизаци начар ӗҫленине пӗлет, ҫапах та партилле-организацилле тата политикӑлла ӗҫе лайӑхлатма парторганизацие сахал пулӑшать. Юлашки ҫур ҫул хушшинче парти райкомӗн секретарӗсемпе пайсен заведующийӗсенчен никӑшӗ те пирӗн колхозра лекци е доклад туса паман.

Райсовет исполкомӗ енчен те пулӑшу ҫук. Унӑн ответлӑ работникӗсем, вӑл шутра исполком председателӗ М. Иванов юлташ та, сведенисем кӑна пухаҫҫӗ, колхозра пулса пиро пулӑшмаҫҫӗ. Ку ҫеҫ те мар, райсовет исполкомӗ хӑшпӗр ыйтусене татса панӑ чухне хӑй те тӗрӗс мар ҫул ҫине тӑрать. Сӑмахран, пирӗн колхозниксен пухӑвӗ йышӑннӑ тӑрӑх колхоз ӗҫне тухман А. Федоровӑн пахча вырӑнне 0,15 гектар касса илнӗччӗ (вӑл апат-ҫимӗҫ комбинатӗнче мастер пулса ӗҫлет). Райсовет исполкомӗ колхозниксен пӗрлехи пухӑвӗ йышӑннӑ решение пӑрахӑҫларӗ.

Юлса пыракан колхозсен, паллах, тепӗр чухне республикӑри организацисенчен те пулӑшу ыйтмалла пулать. Хӑшпӗрисем ыйтӑва кирлӗ пек татса памаҫҫӗ. Акӑ пӗр тӗслӗх. Иртнӗ ҫулта пирӗн колхозри шыв хӑпартмалли башня тумаллаччӗ. Ун валли тунӑ сметӑна октябрӗн 16-мӗшӗнчех ҫирӗплетнӗ. Анчах, колхозпа ялти строительство управленийӗ тата ялхуҫалӑх банкӗ проекта вӑхӑтра пӑхса тухман пирки, ку ӗҫ вӑраха кайрӗ.

Ҫак башньӑна тумалли проектшӑн Саратоври проект институчӗн Чӑваш республикинчи филиалӗ (директорӗ А. Андреев юлташ) ытлашши укҫа илнӗн туйӑнать. Пирӗн валли ҫав проекта пӗтӗмпех Мускавра пичетлесе кӑларнӑ формӑран пӑхса тунӑ («Типовые проекты с/х построек. Проект № 2021). Ҫак проект ӳкерчӗкӗ пӗтӗмпе те 3 тенкӗ ҫеҫ тӑрать, пирӗнтен вара проект ҫырнӑ тесе 9 пин тенкӗ ытла илчӗҫ.

Малашлӑх план тӑрӑх эпир КПСС Центральнӑй Комитечӗн январьти Пленумӗн заданийӗсене 1959 ҫулта пурнӑҫлама палӑртатпӑр. Ҫавна тума пирӗн вӑй та, условисем те ҫителӗклӗ. Вӑрнар районӗнчи Сталин ячӗпе тӑракан колхоз членӗсем чӗнсе каланине сӳтсе явнӑ хыҫҫӑн, пирӗн колхозниксем партин XX-мӗш съезчӗ ячӗпе ӑмӑртӑва хутшӑнчӗҫ.

Партин XX-мӗш съезчӗ усӑллӑ тӗле эпир суракине хатӗрленсе ҫитме сӑмах патӑмӑр. Паянхи кунпа пирӗн пур культурӑсем тӑрӑх та вӑрлӑх ҫителӗклӗ, 120 центнер пӑрипе сӗлӗсӗр пуҫне, пур культурӑсене те сортланӑ, ытти вӑрлӑхне те ҫитес кунсенчех тасатса пӗтереҫҫӗ. Колхозниксем вырӑнти удобренисем пухас ӗҫе активлӑн хутшӑнаҫҫӗ. Кӑҫал эпир уя иртнӗ ҫулхинчен чылай нумайрах удобренисем кӑларма тӑрӑшатпӑр. Ялхуҫалӑх инвентарӗсене юсама тытӑннӑ.

Колхозниксен анлӑ масси юлса пыракан колхоза ура ҫине тӑратма, ӑна малта пыракансемпе танлаштарма хастарлӑн тытӑнчӗ. Вӗсен ӗмӗчӗ пурнӑҫланасса пӗр иккӗленмесӗрех шанма пулать.

**А. ЧИКМЯКОВ.**

Шӑхасан районӗнчи «Красный Октябрь» колхоз председателӗ.

# Тӗпчев ӗҫӗсем

СССР Наукӑсен Академийӗ кӑҫал Чӑваш республикин территорийӗнче археологилле экспедици ирттерме йышӑннӑ. Ҫак экспедици Шупашкар ГЭС-ӗ тунӑ хыҫҫӑн шыв айне пулакан районсенче тата республикӑн кӑнтӑрти районӗсенче 5 ҫул хушши археологи енӗпе тӗпчев ӗҫӗсем туса ирттерет. Ку тӗлӗшпе организацилле ыйтусене татса пама ҫак кунсенче Шупашкара СССР Наукӑсен Академийӗн Материальнӑй культура историйӗн институт директорӗн заместителӗ, истори наукисен докторӗ А. П. Смирнов археолог килнӗ. Вӑл чӑваш халӑхӗн авалхи историйӗн уйрӑм ыйтӑвӗсем тӑрӑх нумай наукӑлла ӗҫсем ҫырнӑ, пирӗн республикӑра халиччен ирттернӗ археологилле экспедицисене ертсе пынӑ. Экспедицисенче пухнӑ материалсене йӗркелесе Смирнов профессор Атӑл тӑрӑхӗнчи чӑвашсен авалхи историйӗ ҫинчен пысӑк монографи хатӗрлет.

**С. ХАЙМУЛЛИН.**

# *Профсоюзсен конференцийӗсем*

Халӗ Шупашкарта профсоюзсен конференцийӗсем пулса иртеҫҫӗ. Ҫак конференцисенче профсоюз организацийӗсен ӗҫӗсене тишкерсе тухаҫҫӗ, лайӑх опыта пӗтӗҫтереҫҫӗ, пӗтӗм ӗҫе лайӑхлатма палӑртаҫҫӗ.

Январӗн 17-мӗшӗнче вырӑнти промышленноҫра ӗҫлекен рабочисемпе куллен кирлӗ таварсем туса кӑларас енӗпе ӗҫлекен рабочисен профсоюзӗсен облаҫри конференцийӗсем пулса иртрӗҫ.

Куллен кирлӗ таварсем туса кӑларас енӗпе ӗҫлекен рабочисен профсоюзӗн облаҫри конференцийӗнче обтгруппком ӗҫӗсем ҫинчен Бочаев юлташ доклад туса пачӗ. Прениве тухса калакансем предприятисенче ӗҫлекенсен социализмла ӑмӑртӑвне тивӗҫлипе ертсе пыманшӑн, вырӑнсенчи профсоюз организацийӗсемпе ҫыхӑну тытса ӗҫлеменшӗн облгруппкома критиклерӗҫ. Конференци облаҫри группкомӑн ҫӗнӗ составне суйларӗ.

Вырӑнти промышленноҫра ӗҫлекен рабочисен профсоюзӗн облаҫри конференцийӗнче докладчикпе тухса калакансем, профсоюз обкомӗн ӗҫне тӗплӗн тишкерсе тухса, рабочисем хушшинчи социализмла ӑмӑртӑва вӑйлатма кирли ҫинчен каларӗҫ. Отчетлӑ тапхӑр вӑхӑтӗнче вырӑнти промышленность предприятийӗсенче малта пыракан рабочисен хисепӗ ӳснӗ. Халӗ предприятисенче КПСС XX-мӗш съезчӗ умӗнхи социализмла ӑмӑрту сарӑлса пырать. Профсоюз обкомӗ хӑйӗн ӗҫне лайӑхлатнӑ пулин те, делегатсем ӑна рабочисемпе служащисен культурӑпа йӑла ыйтӑвӗсене тивӗҫтерес енӗпе ҫителӗксӗр ӗҫленӗшӗн критиклерӗҫ.

Январӗн 18—19-мӗшӗсенче медицина тата потребкооперации работникӗсен профсоюзӗсен облаҫри конференцийӗсем пулса иртрӗҫ. Нумаях пулмасть ҫыхӑну работникӗсен облаҫри конференцийӗ иртернӗ.

# Наукӑпа техника обществи

Шупашкарти пир-авӑр комбиначӗн строительствинче наукӑпа техника обществи организацилерӗҫ. Общество рабочисемпе работникӑсене тата инженерлатехникла работникӗсене строительство енӗпе пӗлӗве ӳстерме, строительствӑри индустри меслечӗпе паллашма пулӑшас енӗпе ӗҫлеме тытӑнчӗ.

Чи малтанах производство ыйтӑвӗпе вечер ирттерчӗҫ. Унта аслӑ инженер М. Чепурин юлташ наукӑпа техника обществин производствӑри пӗлтерӗшӗ ҫинчен каласа пачӗ. Ун хыҫҫӑн кино кӑтартрӗҫ.

Наукӑпа техника обществине ертсе пыракан юлташсем строительство ыйтӑвӗпе лекцисем вуласа параҫҫӗ. «Производствӑри ӗҫ хӑвӑртлӑхне ӳстермелли ҫӗнӗ меслетсем», «КПСС Центральнӑй Комитечӗн июльти Пленумӗн решенийӗсене пурнӑҫлас енӗпе тӑракан задачӑсем» ҫинчен лекцисем итлерӗмӗр.

Ҫӗнӗ обществӑна рабочисемпе служащисем 45 ҫын члена кӗнӗ. Общество наукӑпа техника тата рационализацие изобретательство енӗпе пысӑк ӗҫсем тума палӑртать.

**А. ЕГОРОВ.**

# *Кӗскен*

Культура таварӗсем туянасси ӳсет. Йӗпреҫ районӗнчи Пучинкери ӗҫҫынниссем ҫултан-ҫулах культура таварӗсем нумай туянаҫҫӗ. Халӗ кунта 30 ҫыннӑн радиоприемник пур, 130 ҫын ытла велосипед, 7 ҫын мотоцикл туяннӑ.

*Пропагандистсене пулӑшма*

# Марксизм никӗсне хывакансем тӗн ҫинчен

Политикӑлла литературӑн государство издательстви К. Маркспа Ф. Энгельс тӗн ҫинчен ҫырнӑ произведенисен сборникне пичетлесе кӑларнӑ.*) Сборнике кӗнӗ произведенисенче марксизм никӗсне хывакансем тӗн пуҫланса кайни ҫине, класлӑ, антагонистла обществӑра тӗне сӗнтермелли условисем ҫине мӗнле пӑхни куранса тӑрать. Ҫак произведенисенче пролетарилле атеизмӑн теорилле никӗсӗсене хывса панӑ.

Эксплуататорла строй халӑх массисене экономика, политика тата ӑс-тӑн тӗлӗшӗнчен чуралӑхра тытать. Пролетариатӑн аслӑ ҫулпуҫӗсем Карл Маркспа Фридрих Энгельс рабочи класпа мӗнпур ӗҫҫыннисене ҫав чуралӑхран мӗнле майпа хӑтӑлмаллине кӑтартса панӑ. Революцилле мировоззрени туса хатӗрлесе, К. Маркспа Ф. Энгельс реакцилле тӗн мировоззренине хирӗҫ кӗрешес ӗҫе пысӑк вырӑна хунӑ, тӗне хирӗҫ кӗрешес ӗҫе вӗсем халӑх массисен ирӗклӗх кӗрешӗвӗн уйрӑлми пайӗ, тесе шутланӑ.

Маркспа Энгельс наука ӗҫӗпе обществӑлла ӗҫе туса пыма тӗне тӗрлӗ енчен критиклени вӑхӑтра тытӑннӑ. Тӗне пуринчен ытла радикалла буржуази критикленӗ. Ку вӑл ун чухне Германи 1848 ҫулхи буржуалла революци умӗнче тӑнинчен килнӗ.

Теологие тата евангелири юмахсене хирӗҫ младогегельянецсем — Штраус, Бруно Бауэр, Штирнер тата ыттисем те тухнӑ. Вӗсен общество пурнӑҫӗн мӗнпур ыйтӑвӗсене тӗне критиклес ӗҫе пӑхӑнтармалла тесе шутланӑ. Государство декрет кӑларса тӗне чарса лартсан, пурнӑҫ ӑйлтах улшӑнӗ пулӗччӗ, текенсем те пулнӑ. Младогегельянецсем тӗнӗн пурнӑҫри тымарӗсене уҫса палӑртма пултарайман. Вӗсем тӗне пӑрахӑҫа кӑларма та, чарма та суккине, ӑна эксплуататорла строя тӗп тусан тин пӗтерме май килнине ӑнланман.

Л. Фейербах тӗн пулнин сӑлтавӗсене ӑнланса илме тӑрӑшнӑ. Ҫынсем турра ӗненни ҫӗр ҫинчи сӑлтавсенчен килет тесе вӑл тӗрӗс кӑтартса панӑ. Анчах ҫӗр ҫинчи сӑлтавсене вӑл общество пурнӑҫӗн условийӗсенче мар, этемӗн биологилле уйрӑмлӑхӗсенче шыранӑ. Фейербах материалист пулнӑ, анчах общество пурнӑҫӗ ҫине, ҫав шутрах тӗн ҫине мӗнле пӑхас енчен идеализмран хӑтӑлайман. Ҫавӑнпа вӑл ҫӗнӗ тӗн—ҫынсем пурте пӗр-пӗрне юратса пурӑнмалли тӗн тума, классем хушшинче килӗшӳ тума чӗннӗ.

Ҫав вӑхӑтрах рабочисен юхӑмне хутшӑннӑ хӑшпӗр ҫынсем—Вейтлинг тата ыттисем хӑйсен пропаганда ӗҫӗнче тӗн лозунгӗсемпе усӑ курнӑ, социализма тӗнпе пӗрлештерме хӑтланнӑ.

Чиркӳ Римри папа урлӑ ирӗк мӗнле ирӗк шухӑша та хытӑ хӗсӗрленӗ, уйрӑмах коммунизма хирӗҫ элек сарнӑ, ӑна хытӑ тапӑннӑ.

Ҫавӑн пек хару-тӑрура Маркспа Энгельсӑн, паллах, тӗн мировоззренийӗ ҫине хӑйсем мӗнле пӑхас ыйтӑва татса памалла пулнӑ. Марксизм никӗсне хывакансем тӗн пӗтерӗшне тӳрех, пысӑк вӑй хумасӑрах тӗрӗс ӑнланса илнӗ тесе шутламалла мар. Тӗн ҫинчен мӗнпур вӑрттӑнлӑха сирме тата унӑн реакцилле пӗлтерӗшне вӗсне ситтех уҫҫӑн кӑтартса пама пӗтӗм философире аслӑ улшӑну тумалла, ҫӗнӗ мировоззрени никӗсне хывмалла пулнӑ.

Маркспа Энгельс, коммунизмӑн теорилле никӗсӗ пулса тӑракан диалектикалла материализм туса хатӗрлесе, тӗнпе идеализма аркатмаллах пырса ҫапнӑ. Вӗсен философийӗ ӗлӗкхи, метафизикӑлла материализм ҫитменлӗхӗсене пӗтернӗ философи, вӗсне ҫитиех тӗрӗс, идеализмла тӗн идеологине нимӗн чухлӗ те вырӑн паман философи пулнӑ.

Маркспа Энгельс тӗн тупсӑмне ӑнлантарса пани историе материалистла ӑнланнипе, общество пурнӑҫне тӗпчесе пӗлес ӗҫре диалектикӑлла материализмпа усӑ курнипе тачӑ ҫыхӑнса тӑнӑ.

Идеалистсем ҫапла шутлаҫҫӗ: обществӑлла ӑс-тӑн, урӑхла каласан, политика, философи, тӗн тата ытти шухӑшсем, мӗнле пулать, общество стройӗн характерӗ те ҫавӑн пек пулать, теҫҫӗ. Идеализма хирӗҫлесе Маркспа Энгельс ҫапла кӑтартса панӑ: обществӑлла бытие, урӑхла каласан, обществӑн материальнӑй пурнӑҫ условийӗсем, чи малтан ҫав обществӑн производство меслечӗ, обществӑлла идейӑсене тата вӗсене тивӗҫлӗ учрежденисене палӑртса парать.

Историлле материализм Маркспа Энгельса тӗн тымарӗсене, унӑн тупсӑмне хӑйсен умӗнхи мыслительсенчен тарӑнрах уҫса палӑртма май панӑ. Ӗлӗкхи материалистсем тӗн ҫӗр ҫинчи сӑлтавсенчен килет тенине пролетариат идеологӗсемпе ҫулпуҫӗсем ҫӗнӗ содержанипе пуянлатнӑ.

Хӑйӑн малтанхи вӑхӑтра ҫырнӑ ӗҫӗнчех, 1844 ҫулта тухнӑ «Гегелӗн право философине критиклени» ятлӑ кӗнекере, Маркс «тӗне этем тунӑ» текен тезиса сӗнӗлле ӑнлантарса парать. Маркс шухӑшӗпе, тӗне тунӑ этем вӑл—хӑйне уйрӑм пурӑнакан биологилле организм мар, абстрактлӑ, таста тӗнче тулашӗнче сӳрекен чӗрчун мар.

«Этем вӑл,—тесе ҫырать К. Маркс,—этем тӗнчи, государство, общество. Ҫав государство, ҫав общество тӗне, суя мировоззрение суратать, мӗншӗн тесен вӗсем хӑйсем—суя тӗнче... Тӗн халӑх ӑс-тӑнне минретекен наркӑмӑш пулса тӑрать».

Тӗне—халӑхӑн пурнӑҫра пулас ҫук телейне—пӑрахӑҫ туни, вӑл халӑхӑн чӑнчӑн телейне тӑвас тени пулать» (Сборник, 29—30 стр.).

Марксӑн ҫав сӑмахӗсенче тӗн вӑл чӑн пурнӑҫа тӗрӗс мар ӑнланни пулать тесе малтанхи хут наукӑлла тӗрӗс определени панӑ тата унӑн социалла пӗлтерӗшне кӑтартнӑ. Маркс сӑмахӗсем: «Тӗн халӑх ӑстӑнне минретекен наркӑмӑш пулса тӑрать» тени тӗн ҫинчен тӑракан ыйтура марксизм мировоззренийӗн тӗп никӗсӗ пулса тӑрать.

Каярахпа ҫырнӑ произведенисенче К. Маркспа Ф. Энгельс ҫынсем хӑйсен ӑстӑнӗнче ӑнланмалла мар япаласен суя, фантазилле тӗнчине мӗншӗн туса хуни, тӗн ӗненӗвӗнче ҫӗр ҫинчи мӗнле вӑйсем палӑрни ҫинчен тӑракан ыйтӑва пӑхса тухса тӗплӗ ответ параҫҫӗ.

«Истори пуҫламӑшӗнче,—тесе ҫырнӑ Ф. Энгельс «Анти-Дюринг» ятлӑ кӗнекере,—ҫавӑн пек палӑрмалли объектсем чи малтан ҫутҫанталӑк вӑйӗсем пулнӑ, малашнехи эволюцире вӗсем тӗрлӗ халӑхсен нумай тӗрлӗ тата тӗрлӗрен туррисем пулса каяҫҫӗ... Анчах часах, ҫутҫанталӑк вӑйӗсемпе пӗрлех, обществӑлла вӑйсем те тухса тӑраҫҫӗ,—ҫав вӑйсем этеме хирӗҫ тӑраҫҫӗ, вӗсем, ҫутҫанталӑк вӑйӗсем пекех, этемшӗн ют тата малтанхи вӑхӑтра ӑнланмалла мар вӑйсем пулса тӑраҫҫӗ, ҫутҫанталӑк вӑйӗсем пекех, этеме пӑхӑнтарса пурнӑҫ тӑраҫҫӗ, ҫыншӗн ҫакӑ ӗнтӗ ҫутҫанталӑкран килнӗ пек туйӑнать» (113—114 стр.).

Ҫынсем хушшинче тӗн ӗненӗвӗсем первобытнӑй обществӑра пуҫланса кайнӑ, вӑл ҫутҫанталӑкпа кӗрешнӗ ҫӗрте этем вӑйсӑр пулнинчен килнӗ. Класлӑ, эксплуататорла обществӑра массӑсем хушшинчи тӗн ӗненӗвӗсене пуҫласа яракан, ҫирӗплетсе пыракан тӗп сӑлтав ҫынсене эксплуататорсем пусмӑрта тытни, ҫынсем экономика аталанӑвӗн стихийӑлла вӑйӗсенчен хӑрани пулса тӑрать, вӗсем ҫынсене ҫутҫанталӑк вӑйӗсенчен кая мар, ытларах та хӗн-хурпа асап кӑтартаҫҫӗ.

Франциери материалистсем-просветительсем (Гольбах, Гельвеций, Дидро т. ыт. те) тӗн пуҫланса кайни тата ҫирӗпленсе юлни массӑсен тӗттӗмлӗхӗнчен, ҫынсене чиркӳ ҫыннисем улталанинчен килнӗ, тесе ӑнлантарнӑ. Вӗсемпе килӗшмесӗр, Маркспа Энгельс ҫакна кӑтартса панӑ: тӗттӗмлӗхпе ултав чӑнах та тӗн ӗненӗвӗсене ҫирӗплетсе хӑваракан условисенчен пӗри пулнӑ, анчах тӗттӗмлӗх те, ултав та тӗн пуҫланса кайса ҫирӗпленсе юлнин тӗп сӑлтавӗ пулман, пулма та пултараймасҫӗ. Массӑсем хушшинче тӗн ӗненӗвӗсем обществӑн материальнӑй пурнӑҫ условийӗсене пула стихийӑлла пуҫланса кайнӑ; тӗн ултава кӑна мар, ҫынсем хариӑр хӑйне улталанине те пӑхтерет. Тӗне чиркӳ ҫыннисем шухӑшласа кӑларман. Чиркӳ ҫыннисем тӗн вӗрентӗвӗсемпе тӗн йӑлисене туса хатӗрлес тӗлӗшпе яланах активлӑ ӗҫленӗ тата активлӑ ӗҫлессӗ пулин те, хӑйсем вӗсем тӗн ӗненӗвӗсем пуҫланса кайнӑ хыҫҫӑн тин пулса тӑнӑ.

Ӗҫлесе пурӑннӑ чухне ҫынсем хӑйсен ӑс-тӑнне, хӑйсем тавралӑха мӗнле ӑнланнине улӑштараҫҫӗ, обществӑлла пурнӑҫ улшӑннӑ май тӗн ӗненӗвӗсем те улшӑнаҫҫӗ. «Ҫапла вара,—тесе вӗрентнӗ Маркспа Энгельс,—мораль, тӗн, метафизика тата ытти тӗрлӗ идеологисем тата вӗсенчен килнӗ ӑнланусен формисем те урӑхланаҫҫӗ. ...Ҫынсем, хӑйсен материальнӑй производствине тата хӑйсен материальнӑй хутшӑнӑвӗсене улӑштарса, ҫак чӑн пурнӑҫпа пӗрле хӑйсен шухӑшӗсене те, хӑйсен шухӑшӗн продукчӗсене те улӑштараҫҫӗ» (56 стр.). Марксизм тӗнӗн пӗтӗм историйӗ ҫине ҫак наукӑлла-материалистла позицирен пӑхать те ӗнтӗ.

Первобытнӑй общинӑсем пӗрлешсе йӑхсем, йӑхсенчен халӑхсем пулса пынӑ май, ҫынсен шухӑшӗнчи турӑсем те пӗрлешнӗ, вӗсем хушшинче кӗҫӗннисемпе аслӑраххисем пулса тӑнӑ, ку вӑл пӗрлешнӗ йӑхсен йышӗпе вӑйӗ тӗрлӗрен пулнинчен килнӗ. Класлӑ общество аталаннӑ тата государство власӗ вӑйланнӑ май ӗлӗк ҫутҫанталӑкпа обществӑн тӗрлӗ енӗсене тытса тӑнӑ турӑсене ӗненессинчен пӗр турра ӗненесси пуҫланса кайнӑ. Ҫапла вара политеизмран (нумай турӑсене ӗненнинчен) монотеизм (пӗр турра ӗненни) пулса тӑнӑ.

Класлӑ-антагонистла обществӑсенче тӗн яланах пулнине марксизм никӗсне хывакансем ҫав обществӑсенче эксплуатаци формисем кӑна улшӑннипе, эксплуатаци хӑй ҫаплипех юлнипе ӑнлантарса параҫҫӗ. Ҫавна пула, сӑмахран, христианла тӗн обществӑн тӗрлӗ уклачӗсенчи эксплуататорсене хӳтӗленӗ. «Христианствӑн социальнӑй принципӗсем,—тесе ҫырнӑ Маркс 1847 ҫулта,—античнӑй чуралӑха тӳрре кӑларнӑ, вӑтам ӗмӗрти крепостла йӗркене мухтанӑ, вӗсем, кирлӗ пулсан, мӗскӗнле туртӑнкаласа пулин те, пролетариата пусмӑрланине хӳтӗлеме пӗлеҫҫӗ» (63 стр.).

Тӗне наукӑпа килӗштерме кирек мӗнле майпа хӑтланнине хирӗҫ те Маркспа Энгельс татӑклӑн кӗрешнӗ. Тӗн тӗнче ҫинчен тӗрӗс мар, суя ӑнлану сарать, тесе вӗрентнӗ вӗсем. Ҫынсем хӑйсен телейне «пӗлӗт ҫинче» тупӗҫ тесе, тӗн этем ӑстӑнне минретет, ҫынсен ҫутҫанталӑк вӑйӗсемпе кӗрешес ирӗкне, пусмӑрти ҫынсен хӑйсен пусмӑрҫисене хирӗҫ кӗрешес ирӗкне хавшатать. Наука ҫынсене ҫутҫанталӑкпа общество аталанӑвӗн объективлӑ законӗсене тарӑнрах та тарӑнрах ӑнланса илме пулӑшать, ҫутҫанталӑкпа общество пурнӑҫӗнчи явленисем тӗлӗшпе этем власне вӑйлатать, этем хӑйӗн вӑйӗ ҫине шанса тӑрассине, унӑн ӑнланулӑхӗне культурине ҫирӗплетет.

Наука аталаннине тата массӑсем хушшине наука пӗлӗвӗсем сарӑлнине чарма хӑтланаканӗсене хирӗҫ марксизм никӗсне хывакансем пӗтӗм вӑйпа кӗрешнӗ. Тӗне хӳтӗлекен К. Гермеса тата ун пек ҫынсене тӑрӑ шыв ҫине кӑларса Маркс хӑйӗн революцилле ӗҫӗпе наука ӗҫӗн пуҫламӑшӗнчех тӗн философи наукине хирӗҫле пулни ҫинчен ҫырнӑ.

«Анчах тӗнпе философи предмечӗсем ҫинчен философи ӗнрӗн пек мар, урӑхла калать. Эсир ун ҫинчен вӗсене тӗнчесе пӗлмесӗр калатӑр; философи ҫавӑн ҫинчен вӗсене тӗпчесе пӗлсе калать; эсир туйӑм кирлӗ, философие ӑс-тӑн кирлӗ; эсир

*) К. Маркспа Ф. Энгельс тӗн ҫинчен. Госполитиздат, 1955 ҫ., 303 стр., тираже 100 пин экз., хакӗ 5 т. 85 п.

# Кашни амаран 20 çура илессишĕн

Эпĕ виççĕмĕш çул свинаркăра ĕçлетĕп. 1955 çулта вунă сысна ами пăхрăм, кашни амаран вăтам шутпа 18,6-шар çура илтĕм, вĕсене тĕрĕс-тĕкел пăхса çитĕнтертĕм, 1956 çулта хама çирĕплетсе панă кашни амаран 20-шер çура çитĕнтерме сăмах патăм.

Зоотехника наукине, çĕршыври тата хамăр колхозри малта пыракан свиноводсен паха опытне тăрăшса вĕренетĕп, вĕсене ĕçре пурнăçлаca пыма тăрăшатăп.

Сысна амисене тата çурасене лайăх пăхатăп. Амасене тĕрлĕрен апатсемпе—клеверпа люцерна утипе, кукуруза силосĕпе, сĕрулмипе тата кишĕрпе тăрантаратăп. Хальхи кунсенче кашни амана 5—6 килограмм сĕрулми, 6 килограмм кукуруза силосĕ, пĕр килограмм концентратлă апатсем, вĕри шывра ăшăтнă арпа, 2—3 килограмм клевер ути, 50—70 грамм таран минераллă апатсем (пурă, шăмă çăпахĕ, тăвар) паратăп. Сăвăрлас умĕн юлашки уйăхра амасене тата лайăххах пăхатпăр, рациона 500-шер грамм посыпка, 2-шер килограмм сĕрулми, 2—7-шер килограмм кукуруза силосĕ хушатпăр.

Эпĕ çурасене пĕр чĕрчче ĕмме хăнăхтаратăп. Вĕсем кашни сехетрен чĕчĕ ĕмеççĕ. Çак йĕркепе çурасене çуралнă хыççăн виçĕ-тăватă кун хушши тăрантаратăп.

Пилĕк-улттăмĕш кунсенче çурасене хăймипчен уйăрман сĕт паратăп. Ĕне сĕтне ĕçме хăнăхса çитсенех, вĕсене урна çăнăхĕнчен пĕçернĕ пăтăпа, кĕселпе тăрантарма тытăнатăп. тата 3—5-шер грамм тăвар, пурă паратăп. Пăтăпа сĕтпе пĕрле паратăп. Çавăн пекех валашкана йывăç кăмрăкĕ, хĕрлĕ тăм тата вĕретнĕ шыв ярса лартатăп. Çурасем лайăх çитĕнччĕр тесе, вĕсене витаминлă тата минераллă апатсем çителĕклĕ панă. Вĕсем валли утă тата лăсăллă йывăççенчен йÿçек шыв туса хатĕрлетĕп, хĕллехи вăхăтра йывăç валашкасенче сĕлĕ-урпа шăтарса симĕс калча туса çитеретĕп.

Çурасене концентратлă апатсене çиме вăраххăн хăнăхтарса пыратăп. Пилĕк кунран вĕсене 50—60-шар грамм концентратлă апатсем тата 100—150-шар грамм сĕт пама тытăнатăп. Уйăх çитсен, вĕсене 200—250-шар грамм тырă, 400—500-шер грамм сĕт, çавăн пекех кукуруза силосĕ паратăп. Икĕ уйăхри çурасене 1—1,5 литр уйран, 700—800 грамм таран концентратлă апатсем, 2-шер килограмм кукуруза силосĕ панă.

Икĕ уйăхран иртнĕ çурасене эпир малалла пăхса çитĕнтерме ушкăнсене уйăратпăр. Вăл вăхăтра çурасен чĕрĕ виçи 25—30-шар килограмм çитет.

**В. КАТАНАЕВА.**
Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри свинарка.

# Профсоюз обкомĕн бюджечĕ

Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕнчи рабочисен профсоюз обкомĕн кăçалхи бюджечĕ 2 миллион тенке çитет. Çак сумăран культурăлла-массăлла ĕçе йĕркелеме 58 пин тенкĕ, физкультурăпа спорт ĕçне малалла аталантарма 40 пин тенкĕ, профсоюз членĕсене пулăшма 35 пин тенкĕ укса расходлама палăртнă.

Кăçал сĕршер рабочисемпе служащисем санаторисемпе курортсенче тата канмалли çуртсенче пулаççĕ. Путевкăсем туянма профсоюз обкомĕ 200 пин тенкĕ ытла уйăрса хăварнă.

Кунсăр пусне вăхăтлăха ĕçлейми пулнисене пособи параççĕ, инвалидсене пенси пама 360 пин тенкĕ расходлаççĕ.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

СОВЕТ СТРОИТЕЛЬСТВИ

# Вырăнти Советсен сессийĕсене хатĕрленсе irttermelle

Советсен ĕçĕнче сессисем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Сессисенче пурнăçра тĕл пулакан чи кирлĕ ыйтусене сÿтсе явмалла, унта сÿтсе явма палăртнă ыйтусене депутатсемпе актив пулăшнипе малтанах тĕплĕн хатĕрлемелле.

Вырăнти Советсен суйлавĕсем пулса иртнĕ хыççăн республикăри районсенче 6—7-шер сесси, хуласенче 8—9-шар, поселокпа ял Совечĕсенче 9—10-шар сесси иртнĕ.

Первомайски районĕнче Советсен сессийĕсене йĕркеллĕ иртереççĕ. Первомайски район Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче районти колхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен сÿтсе явнă. Ку ыйту тăрăх сессире МТС директорĕ Х. Алимов юлташ, яланхи ялхуçалăх комиссийĕн председателĕ Ф. Сергеев юлташ докладсем туса панă. МТС директорĕ хăйĕн докладĕнче чылай цифрăсем илсе кăтартнă, анчах та вăл районти колхозсем выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма мĕншĕн япăх хатĕрленни çинчен уçăмлăн каласа парайман. Çавăн пекех ку ĕç колхозсенче чăппипе илсен мĕнле пулса пыни çинчен те тĕплĕн сÿтсе яваймăн. Яланхи комисси сесси пухăниччен чылай колхозсене кайса выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма хатĕрленнине тĕрĕсленĕ пулнă, вăл докладчиксен йăнăшĕсене тÿрлетнĕ, колхозсен çак ĕçри çитменлĕхĕсене кăтартса панă. Яланхи комисси председателĕ критикăлла содоклад туса панă хыççăн прениsem пуçланнă. Колхозсенчи строительство ĕçĕсем тĕлĕшпе ĕçлекен пайăн заведующийĕ М. Александров юлташ хăйĕн ĕçĕ çинчен каласа панă. Депутатсем хăйсен сăмахĕсенче çак пая хытă критиклерĕ, вăл колхозсенче строительство ĕçне япăх ертсе пыни çинчен, колхозсенче строительство ĕçĕ мĕнле пынине тĕрĕслесе тăманни çинчен, ку ĕçре колхозсене кирлĕ пек пулăшу паманни çинчен каланă. Ку пайăн техникĕ Карасева юлташ фермăсене сакнă çулсем тăвас тĕлĕшпе тĕрĕс мар кăтартусем панă, çакна пула Хрущев ячĕпе тăракан колхозра çавăн пек çула усăсăр вырантарса лартнă. Юлашкинчен сесси конкретлă решени йышăннă, ăна пурнăçлани выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма хатĕрленес ĕçе чылай лайăхлатнă.

Вырăнти Советсен сессийĕсем пур çĕрте те организаципе политика тĕлĕшĕнчен çÿлĕ шайра иртмеççĕ-ха.

Куславкка район Совечĕн сессийĕнче районти культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕççĕсем çинчен тата вĕсене лайăхлатмалли мерăсем çинчен сÿтсе явнă чухне депутатсем çак учрежденисен ĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен пачах асăнман. Районти культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçĕнче çитменлĕхсен нумай. Ялсенчи культура учрежденийĕсенчен чылайăшĕ халăхпа сыхăну тытмаççĕ, хуçалăхпа политика задачисене пурнăçлас ĕçе хутшăнмаççĕ. Хуçалăхпа культура строительствинче район кая юлса пыни халăх хушшинче массăлла ĕçе япăх туса пынинчен те килет ĕнтĕ.

Çак сесси тÿрĕккĕн иртни тата çавăн пек чи кирлĕ ыйтăва тĕплĕн пăхса тухманни йышăннă решенирен те лайăх курăнать. Решенире ĕçе чăннипех лайăхлатас тĕлĕшпе нимĕнле конкретлă мероприятисем те палăртман.

Сесси решенийĕнче депутатсен тата яланхи комиссисен ĕçĕ пирки нимĕн те асăнман. Депутатсен хăйсен округĕсенче суйлавçăсен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн тăрăшмалла. Çавăн пекех депутатсем ĕççынинисен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе ĕçлекен учрежденисен ĕçĕсемшĕн те суйлавçăсем умĕнче ответлă пулса тăраççĕ, вĕсен çак учрежденисен ĕçĕсене лайăхлатма пулăшмалла, совет исполкомĕпе вĕсен пайĕсем йышăннă решенисене мĕнле пурнăçа кĕртсе пынине тĕрĕслесе тăмалла. Анчах Куславкка район Совечĕ çакна туни курăнмасть-ха.

Чылай çĕрте ĕççынни депутачĕсен Совечĕсен сессийĕсем актив канашлăвĕ пек иртеççĕ. Сессисенче тухса калакансем часчасах депутатсем мар, ытти çынсем пулаççĕ. Сăмахран, Калинино район Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕнче депутатсем 30 çын, сессие чĕннисем 58 çын пулнă. Чурачăк район Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче те район Совечĕн депутачĕсем 28 çын, чĕннисем 51 çын пулнă. Работниксене Советăн сессине чĕнни лайăх-ха, анчах та çынсене çавăн чухлĕ нумайшарăп чĕнни пулмалла мар, чи кирлĕ работниксене кăна чĕнмелле. Ытти активпа вара сесси хыççăн ĕçлемелле, вĕсене сессире йышăннă решенисем çинчен ăнлантарса памалла, çав решенисене пурнăçлама мобилизацилемелле. Анчах та пурнăçра пачах та урăхла пулса пырать. Чылай исполкомсем сессисене ытларах çынсем чĕнме тăрăшаççĕ, çапла вара вĕсем сесси йышăннă решенисене пурнăçлассине организацилес тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ. Сессире мĕн каланине, мĕнле решенисем йышăннине пурте илтнĕ, халĕ вĕсен çак решенисене пурнăçласси кăна юлнă ĕнтĕ, пирĕн енчен вĕсене урăх нимĕнле пулăшу та кирлĕ мар, тесе шутлаççĕ пулмалла исполком работникĕсем. Йышăннă решенисем вара пурнăçа кĕмесĕр юлаççĕ.

Совет йышăннă решенисене пурнăçлас ĕçе организацилесси тата çав решенисене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесе тăрасси — исполкомсен ĕçĕнче чи кирли пулса тăрать. Ку тĕлĕшпе Советсен ĕçĕнче çитменлĕхсем нумай. Республикăри вырăнти Советсен исполнительнăй комитечĕсенчен чылайăшĕ суйлав пулнăран вара йышăннă решенисене мĕнле пурнăçлани çинчен Советсем умĕнче отчет туса паман-ха.

Паллах, ĕç решенисем йышăннипе вĕçленмест. Иртнĕ çул республикăри район тата ял Совечĕсем выльăх-чĕрлĕх йышне сыхласа хăварас тата унăн тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе сахал мар решенисем йышăннă. Анчах та чылай вырăнсенче ĕçе кирлĕ пек йĕркелеменнине пула, выльăхсем чылай вилсе пĕтнĕ, ĕнесенчен унччченхи сÿлхинчен сахалтарах сĕт суса илнĕ. Паллах ĕнтĕ, ĕçпе сыхăнтарман решенисем усă кÿме пултараймаççĕ.

Вырăнти Советсен ĕçне татăклăнах лайăхлатмалла. Уйрăмах сессисене иртересси çине тимлĕн пăхмалла. Чăваш АССР Конституцийĕ тăрăх Советсен сессийĕсене пысăк правасем панă. Вĕсем хуçалăхпа культура строительствинчи кирлĕ задачăсене татса пама пултараççĕ. Депутатсемпе яланхи комиссисен активлăхне ÿстерме пур условисем те туса памалла, мĕншĕн тесен сессисен ăнăçлăхĕ чылай енчен депутатсемпе яланхи комиссисем мĕнле ĕçленинчен килет.

Сессисене лайăх хатĕрлесе иртерессишĕн тата сессисем йышăннă решенисене сийĕнчех пурнăçлассишĕн вырăнти Советсен активлăхне ÿстермелле. Республикăри вырăнти Советсем, организаторла тата массăлла ĕçсене лайăхлатса, хăйсем умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлăн пурнăçа кĕртсе пырĕç, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне çĕнĕ çитĕнÿсемпе кĕтсе илĕç.

**М. РОДИОНОВ.**

...ыханатăр, философи вĕрентет; эсир пĕлĕте тата пĕтĕм тĕнчене пама пулатăр, философи чăнлăхсăр пусне нимĕн те сĕнмест; эсир хăвăр ĕненнине ĕненме хушатăр, философи хăйĕн вывочĕсене тÿрех ĕненме хушмасть, вăл иккĕленÿсене тĕрĕслесе пăхма хушать; эсир хăрататăр, философи лăплантарать» (23 стр.).

Маркспа Энгельс тĕне сĕнтересси унăн пурнăçри тымарĕсене пĕтерниччен, урăхла каласан, тĕне вăй парса тăракан обществăлла условисене пĕтерниччен килет, тесе вĕрентнĕ. Марксизм никĕсне хывакансем яланах çапла каланă; сынна сын эксплуатацилениpe пĕтерсен кăна, урăхла каласан, капитализма сирпĕтсе антарсан çеç халăха тĕн шухăшĕсемпе тĕшмĕшĕсенчен ирĕке кăларма пулать, тенĕ. Хытă янăракан сăмахсемпе витĕнекенсене хирĕç—«малтан пĕлĕт çинчине пĕтермелле», унтан çĕр çинчи ĕçсене йĕркелеме тытăнмалла текенсене хирĕç—Маркспа Энгельс татăклăн кĕрешнĕ. Атеизмла пропаганда тунипе кăна, вăл пысăк вырăнта тăрать пулин те, эксплуататорла общество условийĕсенче тĕне сĕнтерме май çук.

Марксизм классикĕсем тĕне ĕненессине сĕнтермелли çул-йĕрсене кăтартса панă, совет стройĕн условийĕсенче çак çулйĕрсем пĕтĕмĕшпех тĕрĕс пулни палăрчĕ. Социализм сĕнтерпине, эксплуататорла классене пĕтернипе, массăсен культура шайĕ ÿснипе пула Совет Союзĕнче тĕнĕн пурнăçри тата идеологири тымарĕсене ĕмĕрлĕхех харшатнă. Халăхăн пысăк пайĕ тĕн-тĕшмĕше ĕненми пулчĕ. Совет обществинче наукăлла, материалистла мировоззрени пуçнулса тăчĕ.

Анчах хăшпĕр совет гражданĕсен ăс-тăнĕнче тĕн-тĕшмĕш юлнă-ха. Сынсен мировоззренийĕ тÿрех, пĕр харăсах пулса çитмест, вăл майĕпен, нумай вăхăта пыракан практикăра йĕркеленсе пырать. Массăсен культури, вĕсен коммунизмла ăнланулăхĕ малалла ÿснĕ май тĕн юлашкийĕсем те пĕтĕмĕшпех пĕтеççĕ.

Ĕççынинисене тĕн тĕшмĕшĕсенчен хăтарассишĕн кĕрешес ĕçре наукăлла-атеизмла пропаганда пысăк вырăнта тăрать. Вăл—массăсене коммунизмла воспитани парас ĕçĕн уйрăлми пайĕ.

Маркспа Энгельс, совесть ирĕклĕхĕшĕн тăрса, тĕне государствăран уйăрмалла тăвас тесе кĕрешнĕ. Çав вăхăтрах вĕсем çапла вĕрентнĕ: рабочи парти тĕне тĕрлĕ ирĕклĕхсем панипе чарăнса тăма пултараймасть, вăл «совеçе тĕн сĕрĕмĕнчен ирĕке кăларма тăрăшать» (111 стр.), урăхла каласан, массăсене тĕн тĕшмĕшĕсенчен хăтарас тесе кĕрешет. Маркспа Энгельс каланă тăрăх, социализм вăхăтĕнче те тĕне административлă йĕркепе чарса пĕтерме май çук. Ун пек чарни тĕне асап мухтавĕ кÿнĕ пулĕччĕ, çапла вара унăн кун-çулне тăснă кăна пулĕччĕ.

Массăсене тĕнчене урăхлатса çĕнетессишĕн практикăлла кĕрешĕве хутшăнтарни, çутçанталăкпа этемлĕх обществи çинчен наукăлла, материалистла шухăшсене тÿсĕмлĕн пропагандăлани,—çакăн пек ĕнтĕ тĕн-тĕшмĕше сĕнтермелли Маркспа Энгельс кăтартса панă çул-йĕр.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, марксистла-ленинла, диалектикăлла материалистла мировоззренипе ĕçлесе, реакцилле, идеализмла тĕн мировоззренине хирĕç яланах кĕрешнĕ.

В. И. Ленин империализмла буржуази тĕне çĕнетме, тасарах тума тăрăшнине тата II-мĕш Интернационалăн хăшпĕр деятелĕсем государство кăна мар, рабочи парти те тĕн вăл уйрăм çынсен ĕçĕ пулать тесе шутламалла тăвассишĕн оппортунистла кăшкăрнине тăрă шыв çине кăларнă. Идеализмла философие хытă критиклесе, Ленин çак философи вĕрентĕвĕ вăл, чăннине илсен, тĕне хÿтĕлени пулнине кăтартса панă.

Пирĕн партин 1919 çулта пулнă VIII-мĕш съездĕнче йышăннă программăра çапла каланă: парти чиркĕве государствăран, шкула чиркÿрен уйăрни çинчен декрет кăларнипе чарăнса тăмасть, Массăсен обществăпа хуçалăхри мĕнпур ĕçĕнче планлăхпа ăнланулăха пурнăçласа пыни кăна тĕн-тĕшмĕшсем пĕтĕмрех пĕтесси патне илсе пынине шута илсе, парти, наукăпа çутĕçе тата тĕне хирĕçле пропагандăна анлăн сарса пырса, ĕççынинисене тĕн-тĕшмĕшсенчен хăтăлма пулăшать. Çав вăхăтрах программа тĕне ĕненекен çынсене кÿрентересрен сыхланма хушать, мĕншĕн тесен кÿрентерни тĕн фанатизмне çирĕплетесси патне кăна илсе пырать.

Коммунистсен партийĕ хăйĕн программинче каланинчен нихçан та пăрăнман. Вăл наука пĕлĕвĕсене, наукăпа техника тунă çитĕнÿсене пропагандăлас ĕçе яланах хăйĕн тивĕçĕ тесе шутланă, халĕ те çапла шутлать, çав пĕлÿсем çутçанталăкпа общество аталанăвĕ çине материализмла пăхни тĕрĕс пулнине, наукăпа тĕн пĕрпĕрне тĕпренех хирĕçле пулнине кăтартса параççĕ.

Тĕн-тĕшмĕшсем, çынсен ăс-тăнне минретсе, вĕсене наукăна вĕренме, коммунизм тума чăрмантараççĕ, Çавăнпа та парти турра ĕненекен çынсене тĕн-тĕшмĕшсен сиенне ăнланса илме, çав тĕшмĕшсенчен хăтăлма пулăшассине хăйĕн обязанноçĕ тесе шутлать.

КПСС Центральнăй Комитечĕ 1954 çулхи ноябрьте «Халăх хушшинче наукăлла-атеизмла пропаганда тăвас ĕçри йăнăшсем çинчен» йышăннă постановленире тĕне хирĕç административлă майсемпе кĕрешнине татăклăн сивлерĕ. Çав вăхăтрах Центральнăй Комитет çапла кăтартса пачĕ: тунă йăнăшсене тÿрлетни ĕççынинисем хушшинче наукăлла, материализмла мировоззрение пропагандăлас ĕçе вăйсăрлатмалла мар.

Маркспа Энгельсăн çак сборникри тĕн çинчен каланан классикăлла ĕçĕсем пирĕн пропагандистсене тĕплĕн тата татăшах наукăлла-атеизмла пропаганда туса пырас ĕçре пысăк пулăшу параççĕ.

**Н. ГУБАНОВ.**

Республикăри колхоз театрĕн çĕнĕ спектаклĕ — Н. Айзман çырнă «Кай, кай Ивана» комеди.

УНЕРЧĔК ÇИНЧЕ: спектаклĕн 3-мĕш пайĕнчи сцена. Хĕветĕр — Р. Филиппов артист, Иван ашшĕ—Уфимцев артист.

Ф. Иванов фотоÿкерчĕкĕ.

# Эпир экскурсисене мĕнле иртеретпĕр

Политехникăлла пĕлÿсем памалли майсенчен пĕри—экскурсисем иртерни. Çакна пирĕн шкулти учительсен иртнĕ тата кăçалхи вĕренÿ çулĕн опычĕ лайăх кăтартса парать.

Эпир экскурсисем иртермелли плансене вĕренÿ çулĕ пуçланас умĕн палăртса хуратпăр. Пирĕн шкул сывăхĕнче промышленность предприятийĕсемпе пысăк стройкăсем çук. Пуçламăш классенче вĕренекенсем валли е физикăпа, химипе, биологипе экскурсисем хамăр тăван колхозрах иртеретпĕр. Кунта арман, выльăх-чĕрлĕх фермисем, зерносушилка, ялхуçалăх машинисем, автомобильсем, тимĕрçĕ лаççи тата ытти те пур. Эпир кÿршĕри колхозсене кайса куратпăр. МТС-ри механизациленĕ мастерской, электростанци, радиоузел экскурсисем валли паха материалсем параççĕ.

Кăçалхи вĕренÿ çулĕ пуçлансанах пирĕн учительсем ачасене комплекслă экскурсисене нумай илсе кайса çÿрерĕç. Çапла, сăмахран, эпир хамăр районти МТС-ра, Канашри вагонсем юсакан заводра, чугун çул деповĕнче, чăх-чĕп комбинатĕнче тата ытти çĕрте те пултăмăр.

Экскурсие тĕплĕ хатĕрленетпĕр. Эпĕ физика вĕрентетĕп. Иртнĕ çул «Шалта çуннипе ĕçлекен двигатель» тема вĕреннĕ хыççăн ачасене колхоз автомашинине курма илсе кайрăм. Ку экскурсие тĕплĕн хатĕрленменччĕ. Çавăнпа ачасем «эпир автомашинăна тахçанах курнă вĕт» текелерĕç, усси пулмарĕ. Çакăн хыççăн тивĕçлĕ вывод тумалла пулчĕ. Кăçалхи вĕренÿ çулĕнче çак темăна вĕрентнĕ чухне малтанах шоферсемпе, трактористсемпе калаçрăм, ачасене кăтартма палăртнă машинăсене тĕнчесĕ вĕрентĕм. Унсăр пуçне тата ĕлĕкрех тракторист пулса ĕçленине те аса илтĕм. Урок иртернĕ хыççăн ачасене пулас экскурси планĕ çинчен, унта мĕн-мĕн сăнамалли, çырса илмелли, астуса юлмалли çинчен, шалта çуннипе ĕçлекен двигательпе хамăр колхозра мĕнле усă курни çинчен каласа патăм. Ку калаçу ачасене питĕ хавхалантарчĕ. Вырăна çитсен, вĕсем автомобиль пайĕсем мĕнле ĕçленипе тимлĕ интересленчĕç, двигатель хăватне цилиндрсем тăрăх пĕлме вĕренчĕç. Экскурси хыççăн çак темăна ăнланман ача пулмарĕ.

Ытти предметсене вĕрентекен учительсем те ачасене экскурсисенче нумай ĕççемпе палаштарчĕç. Биологипе иртернĕ экскурсире колхозра çимĕç йывăççисене лартма вĕреннĕ. Колхоз утарĕнче вĕсене утарта ĕçлекен колхозник вĕлле хурчĕсен ĕçĕ çинчен каласа панă. Ун çинчен ачасем кайран урoксенче те асăнатчĕç.

Экскурси иртермелли пур объектсен те хăйсен кĕске историйĕ пур. Унпа паллаштарни вĕренекенсене усăллă. Пирĕн учительсем çапла тăваççĕ те.

Пирĕн учительсем пĕр комплекслă экскурсие мĕнле иртерни çинчен каласа пама кирлĕ. Ун чухне эпир Чурачăк МТС-не кайма шут тытнăччĕ. Кашни ачана задани патăмăр, пурин çинчен те ăнлантартăмăр. Экскурсие кайнă кун 7-мĕш класра пĕр урок çеç пулчĕ. МТС-а каякан çул çинче ачасем географипе сăнавсем турĕç. Кĕçĕн Çавал шывĕ тулма пуçланă май, унăн сарлакăшне, тарăнăшне, шыв юххин хăвăртлăхне виçрĕç, йĕри-таврари çĕр сийне сăнарĕç.

МТС-а çитсен кăштах кантăмăр. Ун хыççăн эпĕ ачасене МТС историйĕпе паллаштартăм. Ку тĕлĕшпе МТС директорĕ Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ В. Ляпин юлташ пире нумай пулăшрĕ.

Ун хыççăн электростанци ĕçĕпе паллашрăмăр. Мастерскойра станоксем ĕçлени, уйрăмах мостовой кран хытă тĕлĕнтерчĕ. Мостовой крансем çинчи шăлтăрмасемпе усă курса вăя перекетлени ачасемшĕн питĕ ăнланмалла пулчĕ.

Кăçалхи вĕренÿ çулĕнчи экскурсисенче эпир ялхуçалăхĕпе промышленноçра малта пыракансене ытларах тĕл пулма палăртрăмăр. Ку вăл воспитани тĕлĕшĕнчен те пысăк усă парать.

**К. ПРОКОПЬЕВ.**
Чурачăк районĕнчи Малти Актавăшри çичĕ çул вĕренмелли шкул директорĕ.

ТЕАТР

# „МЕЩЕНСЕМ“

Алексей Максимович Горькин—социализмла реализм никĕсне хывнă аслă писателĕн кĕнекисем Совет влаçĕ пулнăранпа чăваш халăхĕ хушшинче анлăн сарăлнă. Унăн çав тери пуян та хăватлă творчествинче тĕп вырăн йышăнса тăракан произведенисене пурне те тенĕ пекех—«Тăвăл йыхравçипе» «Сокол çинчен хунă юрăран» пуçласа «Амăшĕ» роман таран, чăн малтан çырнă «Макар Чудра», «Челкаш» тата ытти калавсенчен пуçласа автобиографилле трилоги («Ача чухнехи», «Çынсем хушшинче», «Манăн университетсем») таран, капиталистла Америкăри йĕркесене питлекен памфлетсенчен пуçласа «Фома Гордеев», «Артамановсем» романсем таран чăвашла куçарса кăларнă, вĕсем халăх хушшинче вуншар-вуншар пинĕн саланнă.

Горький творчествинче пьесăсем те пысăк вырăн йышăнаççĕ,—пурĕ вăл 20 ытла пьеса çырнă. Анчах Горький драматургине эпир ку таранччен сахалтарах пропагандăланă, унăн пьесисене пĕтĕмпе те 5—6 çеç куçарнă. Театр вара Горький пьесисемпе пачах та çителĕксĕр ĕçленĕ, вăл вунçичĕ çул каялла «Тĕпĕнче» тата «Васса Железнова» драмăсене лартнă та, урăх пĕр пьеса та лартман. Паллах ĕнтĕ, театр ĕçĕнче ку пысăк çитменлĕх пулнă, темелле.

Халĕ Академи театрĕн коллективĕ А. М. Горькин «Мещенсем» пьесине кăтартма тытăнчĕ. Тÿрех калас пулать: театр хăй çине питĕ кăткăс та ответлă задача илнĕ, мĕншĕн тесен «Мещенсем» çав тери тарăн психологилле произведени.

«Мещенсем»—А. М. Горькин чăн малтанхи пьеси пулнă. Ăна вăл 1900—1901 çулсенче, Российăри пĕрремĕш революци çывхарса пынă вăхăтра çырнă. Пьесăра, чăн малтан, пурнăçра урăх нимĕн те тума пултарайман мещенсене, ÿкĕнĕçлĕ кăмăлпа тулнă, халăхран уйрăлнă, çухалса кайнă интеллигенци представителĕсене кăтартса панă. Анчах вĕсене хирĕç Горький пурнăçа ĕненекен, ăна юратакан, малашне пурнăç мĕнле пулмаллине пĕлекен, ăна улăштарассишĕн кĕрешме хатĕр тăракан çынсене кăларса тăратать.

Кÿ енчен илсен, «Мещенсем» пьесăра рабочи-машинист Нил уйрăмах паллă вырăн йышăнать. Тĕрĕссипе, Нил сăнарĕ—тĕнчери литературăра кăтартса панă рабочи-революционерăн пирвайхи сăнарĕ пулнă,—унччен кун пек сăнара литературăра никам та кăтартса паман. Нил—хĕрÿ чĕрелле, творчествăлла ĕçпе кĕрешÿ çынни. «Пуранни—кăмăла каять мана!—тет вăл.—Пысăк ырлăх—Çĕр çинче пурăнасси!.. Пурнăçа пăсакан çынсене курайманстăп эпĕ». Вăл хăйĕн этем прависемшĕн кĕрешме хатĕррине уççăнах палăртать. «Кам ĕçлет—çав хуçа», тет вăл хăйĕн тăван мар ашшĕне—Бессеменовпа хирĕçсе кайма тÿр килсен. Унтан çапла хушса хурать: «Çыннăн хăйĕн прависене хăйĕн çапăçса илмелле... Правасене—памаççĕ, правасене—илеççĕ».

Ĕмĕртен арланла пурăннă мещенсем, найкăшакан интеллигентсем çав вăхăтрах путланса, арканса пыраççĕ, вĕсем пурнăçран хăракан пулаççĕ, мĕншĕн тесен вĕсен пурнăçĕ каяллах каять. Ун пек типсем ку пьесăра—«малярнăй цех старшини», пуян мещен Бессеменов, унăн студент пулнă ывăлĕ Петр тата унăн хĕрĕ Татьяна. Вĕсем—пĕтсе пыракан, текех ура çине тăма пултарайман класс представителĕсем. Вĕсен нимĕнле малашлăх та çук.

Пьесăри персонажсенчен пĕри, Тетерев, хăй те пĕтнĕ çын пулин те, Бессеменовран тÿррĕнех: «Мĕн тума пурăннă эсĕ? Мĕнле ырă ĕç тунă?—тесе ыйтать. Унăн ывăлĕ Петр пирки те çаплах калать: «Вăл та сан пекех вĕт... Санăн телейсĕр те мĕскĕн ывăлна та хĕрхенсе тăмĕç, ăна чăннине тÿррипех калĕç... Санăн ывăлу та, хăвăн пекех, ответ параймĕ...»

Никам та этем вырăнне хуман, вĕсен кайăксем тытса сутнипе çеç пурăнакан Перчихин та хăйсене мăнна хурса, «пурнăç хуçи» тесе пурăннă çынсенчен нумай çÿлте тăрать. Ăна çав çынсем йытта хăваланă пек хăвалаççĕ, анчах ку вĕсенчен тăрăхлать çеç: «Тăмсайсем!»—тет.

Камăн чĕри тасарах, кам пурнăçра тулли кăкăрпа сывласшăн—пурте пăрахса тухса каяççĕ Бессеменовсем патĕнчен, мĕншĕн тесен вĕсем, пьесăри Елена Кривцова сăмахĕсемпе каласан—«çынсем мар, темле тутăх кăна».

1901 çулта, Мускаври Художествăлла театр «Мещенсене» пирвайхи хут лартма тытăнсан, А. М. Горький ку произведенири кашни çын пирки тĕплĕ характеристика çырса панă. Халĕ ĕнтĕ «Мещенсене» хуть те хăш театр лартма тытăнсан та çав характеристикăсемпе усă курмасăр иртсе кайма пултараймасть. Пирĕн театр коллективĕ те усă курнă ĕнтĕ вĕсемпе, Горький хăй панă кăтартусем ку спектакле лартакана та (режиссерĕ—Чăваш АССР искусствăсен тава тивĕçлĕ деятелĕ Л. Родионов), рольсене вылякан артистсене те пысăк усă кÿнĕ, тесе шутлатпăр. Артистсем, пурте тенĕ пекех, Горький пьесинчи сăнарсене тĕрĕс те ĕненмелле кăтартса параççĕ.

Акă Нил—ăна ЧАССР тава тивĕçлĕ артисчĕ В. Родионов вылять. Вăл лăпкă кăмăллă, усă чунлă; хăй ялан тÿрĕ çын пулнипе викамран та нимĕн те пытарса тăмасть, пытарма та пултараймасть. Нил пурнăça хытă юратнине, ăна пурнăçра нимĕн те хăратманнине артист спектакль тăршшĕпех аван кăтартать. Пурнăç тĕллевне сухатнă Татьянăпа калаçать-и вăл, тăван мар ашшĕпе ирĕксĕрех хирĕçсе каймалла пулать-и унăн, савнă хĕрне, Польăна, хăйсен малашнехи пурнăçĕ мĕнле пуласси çинчен каласа парать-и—Родионов-Нил пур чухне те хăйĕн иксĕлми чĕрĕ вăйне, вăл нихçан та ним умĕнче те чакас çуккине палăртать, пурнăçа çынсем хăйсене кирлĕ пек улăштарма пултарнине ĕнентерет. Çавăнпа та вăл куракансемпĕн пĕрмаях кăмăллă.

Нила пуринчен те ытларах ăнланакан тата юратакан çын—Поля, кĕрĕшсе килтен киле çĕвĕ çĕлеме çÿрекен çамрăк хĕр. Вăл нушара, амăшĕсĕр ÿснĕ, ватă ашшĕне пуянсем ним сăлтавсăр кÿрентернине те пайтах курнă; анчах унăн чунĕ нихăш енчен те вараланман. Нумай калаçмасть вăл, сăпайлă, хăйне питĕ типтерлĕ, йĕркеллĕ тытать, анчах çынсем тĕрĕс мар тунине тÿсме пултараймасть, кÿрентернĕ çынсене те, хăйне те хÿтĕлеме вăй çитерет. Çак роле вылякан А. Лукьянова артистка Поля сăнарне шăп та ĕнтĕ çавăн пек кăтартать.

Пьесăра Бессеменов пысăк вырăн йышăнать. Çак мещен, Горький сăмахĕсемпе каласан, «нумай пурăннă, ырми-канми ĕçленĕ, ĕç результачĕсене ÿстерме çынсене улталаса та хăтланнă, унтан сасартăк—çаксем пурте кăлăхах пулнипе курать!..» Ĕмĕрне вăл пуяс„çынсенчен малта пулас ĕмĕтпе пурăнса иртернĕ. Халĕ те, ватлăхра та вăл хула пуçлăхĕ пуласси çинчен ĕмĕтленет-ха. Халĕ те тимĕр пăрçа пекех хытă—арăмне катăклă сахăр илнĕшĕн те вăрçать, ма тесессĕн вăл перокетлĕ мар имĕш, сăмавар вĕретмелли кăмрăк тăкăннăшăн та кăшкăрать. Унăн чĕри чул пек хытса ларнă. Ачисене хăй: «Юрататăп-ске эп сире», тет, анчах хĕрĕ Татьянă нашатырнăй спирт ĕçсе аптраса ÿксен, ăна пуриччен малтан вăл вилсе каясси мар, урăххи хытă пăшăрхантарать: «Хулара вĕçĕмсĕр калаçу, элек пулать ĕнтĕ халĕ...»

Юлашкинчен, хăйне никам та пăхăнасшăн пулманнине, пурте хăйсен ирĕкĕпе пурăнма пуçланине курса, вăл урса кайнă пекех пулать, пурне те килĕнчен хăвалама тытăнать. Урăх нимĕн тума та пултараймасть ĕнтĕ вăл...

Çак кăткăс роле спектакльпе пĕр-пĕрин пе ылмашса иккĕн—ЧАССР халăх артисчĕ И. Молодовпа ЧАССР тава тивĕçлĕ артисчĕ Г. Фадеев выляççĕ. Вĕсенчен пĕрне ырласа теприне хурлама çук—иккĕшĕ те аван выляççĕ, Бессеменов сăнарне аван кăтартаççĕ. Расналăхĕ çакăнта çеç пулĕ: Молодовăн Бессеменовĕ—шавлăрах, хаяртарах, унăн калаçăвĕ те, хусканăвĕсем те хăвăртрах, Фадеевăн—лăпкăрах, çемçерех, вăл васкамасть, пур ĕççене те хăй майĕпе туса пырасшăн. Горький хăй ку сăнара панă характеристикăпа шута илсен, Фадеев, тен, тĕрĕсрех те тăвать пулĕ.

Чăваш АССР халăх артистки О. Ырзем Бессеменов арăмĕн—Акулина Ивановнăн рольне питĕ килĕшÿллĕ вылять. Вăл хăйĕн упăшкине, ачисене чунтан юратакан, килйышра лăпкă та мирлĕ пурнăç тăвасшăн çеç хыпăнакан хĕрарăма пысăк ăсталăхпа кăтарса парать.

Бессеменов. ачисен—Петрпа Татьянăн пурнăçĕ пăсăлнă ĕнтĕ, вĕсем пултарулă, паттăр ĕç валли юрăхсăр çынсем пулса тăнă. Уйрăмах Татвяна çемçешке. Унăн вăй та, хăюлăх та çук, хăйпе хăй вăл: пурнăç—лайăх мар, çавăнпа та пурăнма та кирлĕ мар, тесе ĕнентерет. Çак «ыт лашши çынсен» сăнарĕсене А. Бубновпа Г. Мадеева питех те ĕнентерÿллĕ кăтартаççĕ.

Ытти рольсене вылякансенчен РСФСР тава тивĕçлĕ тата ЧАССР халăх артистне В. Алексеева (Перчихин), ЧАССР халăх артистне А. Ургалкина (Тетерев) уйрăмах палăртса хăвармалла. Вĕсем иккĕшĕ те хăйсен рольĕсен «тĕшшине» тупса, тулли, нумайлăха асра юлмалли сăнарсем тунă. Н. Степанов (Шишкин), ЧАССР тава тивĕçлĕ артистки А. Долгова (Степанида), В. Кузьмина (Цветаева) выляни те килĕшÿллĕ.

Тăлăх арăм Елена Кривцова сăнарĕ çеç пулса çитеймен пек туйăнать пире. Пьеса тăрăх Кривцова—24 çулхи çамрăк та илемлĕ хĕрарăм. Вăл ялан хаваслă, таврари çынсен кăмăлне çĕклеме, вĕсене пурнăça юратакан тума тăрăшать. Унăн пĕрмай çынсем хушшинче пулас, юрлас, кÿлас килет. Анчах ЧАССР тава тивĕçлĕ артистки Р. Ананьева хăй вылякан героиньăн çак паха енĕсене, унăн çиçсе тăракан çамрăклăхне кирлĕ таран кăтартса параймасть.

Юлашкинчен пьесăна чăвашла мĕнле куçарни çинчен калас килет. «Мещенсене» пирĕн опытлă драматург И. Максимов-Кошкинский пĕтĕмĕшпе илсен начар куçарман, вырăнĕ-вырăнĕпе питĕ аван пырать, анчах çапах та чылай çĕрте Горький текстне пăсса, кирлĕ мар çĕртенех «чăвашлатса» куçарнисем пур. Темиçе тĕслĕх кăна илсе кăтартăпăр: «Зажечь лампу?» тенине «хăйă çутас-и?» тесе куçарнă,—халĕ ун пек ват карчăксем те каламаççĕ; «турнул бы ее с квартиры» тенине хут çине çырма юраман сăмахсемпе куçарса хунă (ку вырăна режиссерăн хăйĕннех улăштармалла пулнă), чижик—сиректăрри—темшĕн кăсйă пулса тăнă, «способности» сăмаха «талант» тесе куçарнă, «очень» сăмаха «тĕрĕс» тенĕ. «Голубчик» сăмаха «кăвакарчăнăм» туса куçарни те тĕрĕс мар.

Савна май, çапла ыйту тухса тăрать: хăçан йĕркене кĕрĕ пьесăсене чăвашла куçарас ĕç? Кун пирки эпир кашниччех тăрăхса калаçатпăр, пьесăсене лайăхрах, авторсен текстне пăсмасăр куçармалла, тетпĕр. Анчах калаçатпăр та—манса каятпăр. Мĕнле куçарнине никам та тĕрĕслемест, редакцилемест. Малашне çак ĕçе йĕркелесех пулать.

Пĕтĕмĕшпе илсен, «Мещенсем»—театр коллективĕ тăрăшса хатĕрленĕ лайăх спектакль. Театр репертуарĕнче вăл çирĕп вырăн йышăнма тивĕç.

**Леонид АГАКОВ.**

# Тĕнчери лару-тăру

## «ТĔНЧЕ ИСТОРИЙĔНЧЕ ХАЛИЧЧЕН ПУЛМАН МИРЛĔ СТРОИТЕЛЬСТВО»

ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съездĕ паракан Директивăсен проектне совет халăхĕ патриотла питĕ пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕ. Çак чаплă документ пирĕн социализмла Тăван çĕршыва малалла аталантармалли малашлăхсене уçса парать. Ăна заводсен коллективĕсенче, колхозсенче, учрежденисенче, кашни совет çемйинче хавасланса тата савăнса сÿтсе яваççĕ. Совет çыннисем улттăмĕш пилĕк çуллăх план пурнăçа кĕртессишĕн тăрăшма пĕтĕмпех хатĕр тăраççĕ.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съездĕ паракан Директивăсен проекчĕ пирĕн тĕнчери çĕршывсенче те нумай сырăççĕ. Историлле çак документа пур çĕршывсенче те хумханса кĕтсе илнĕ. Пирĕн туссем Директивăсен проектне савăнса тата хавхаланса, тăшмансем вара—пăшăрханса, шикленсе кĕтсе илчĕç.

«Тĕнче историйĕнче халиччен пулман мирлĕ строительство», тесе хаклать ССР Союзĕн улттăмĕш пилĕк çуллăх планне Норвегири «Фрихетен» хаçат. «Совет Союзĕ тĕнчере чи хăватлă индустриллĕ государство пулса тăрĕ», тенĕ Хĕвеланăç Германири ДПА агентствин пĕлтерĕвĕнче. «ССР Союзĕн промышленность аталанăвĕн хăвăртлăхĕсем çав тери пысăк,—тесе çырать Францири тухса тăракан «Монд» хаçат, — çав хăвăртлăхсем хĕвеланăçĕнчи капитализмла çĕршывсенчи промышленность аталанăвĕн хăвăртлăхĕсенчен те пысăкрах,—çакна йышăнмасăр тăма çук». Демократилле çĕршывсенче тухса тăракан хаçатсем çакна палăртаççĕ: улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ социализмла экономика капитализмла экономикăран нумай лайăхрах пулнине, малта тăнине кăтартса парать.

«Совет Союзĕн экономика тĕлĕшĕнчи çитĕнĕвĕсем,—тесе çырать Польшăра тухса тăракан «Голос працы» хаçат,—социализмла стройăн питĕ лайăх енĕсене ĕненмелле кăтартса пăраççĕ. Вĕсем халăхсен шанăçне—мир лагерĕ аркатупа вăрçă вăйĕсене татăклăнах çĕнтерессине ĕненсе тăрас шанăçне çирĕплетеççĕ.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче коммунизм строительствин пысăк та чаплă программи çинчен каласа панă. Çав программа халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисене çакна уçăмлăн кăтартса парать: çав çĕршывсем суйласа илнĕ социализм çулĕ—пĕртен-пĕр тĕрĕс çул, вăл этемлĕхе çутă малашлăх патне, ырă общество патне илсе пырать, çав обществăра вăрçă пулмасть, класла эксплуатаци пулмасть. Çав çĕршывсенчи хаçатсем ССР Союзĕн улттăмĕш пилĕкçуллăхĕ социализмла лагерьти мĕнпур çĕршывсем экономика енĕпе килĕштерсе ĕçлессине çирĕплетме, вĕсен вăй-хăватне тĕреклетме питĕ пысăк майсем туса панине палăртаççĕ. «Çакна шанса тăма пулать,—тесе çырать Китайри «Женьминьжибао» хаçат,—Совет Союзĕпе халăх демократи çĕршывĕсем экономика тĕлĕшĕнчен пĕрпĕринпе килĕштерсе ĕçлесси вăйланни социализм лагерĕнчи çĕршывсен экономика строительствин хăвăртлăхĕсене чылаях ÿстерме тата вĕсен халăх хуçалăхне вăйлатма питех те лайăх майсем туса парĕ... Аслă совет халăхĕн примерĕпе эпир хамăрăн тăван çĕршыва социализмла индустриллĕ хăватлă держава тăвассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешĕпĕр».

Бельгире тухса тăракан «Драпо руж» хаçат, ытти чылай çĕршывсенчи нумай хаçатсем пекех, Директивăсенче кăтартса панă цифрăсемпе фактсене тишкерет. Вăл çапла çырать: хуçалăхăн социализмла системи капитализмла системăран малта тăни «социализмла экономика пĕрмаях хăватлăн вăйланса пынинчен» кăна мар, ССР Союзĕнче производство тĕллевĕ çынсен потребносĕçсене тивĕçтересси пулнинчен ытларах курăнать.

Çĕнĕ пилĕк çуллăх план ССР Союзĕн тулашри мирлĕ политикин çирĕплĕхне кăтартса парать, тесе çыраççĕ чылай хаçатсем. «Улттăмĕш пилĕк çуллăх план,—тесе çырать Венгрире тухса тăракан «Сабад неп» хаçат,—социализмăн тĕнчери лагерьне пурлăхпа мораль тĕлĕшĕнчен тĕреклетмелли план, мирлĕ экономика тĕлĕшĕнчен капитализмпа ăмăртса ĕçлемелли план». «Атомпа мирлĕ тĕллевсене пурнăçлама усă курмалла,—тесе çырать Индири «Хиндустан таймс» хаçат,—унпа вăрçăра усă курмалла мар. Совет Союзĕ атом энергийĕпе этеме усă кÿрекен ĕçре усă курмалла тăвасшăн, çакăнтăн ăна ытти çĕршывсем те ырлаççĕ». Совет Союзĕн пысăк та чаплă пилĕк çуллăх планĕ,—тесе çырать Финляндири «Вапаа сана» хаçат,—совет çыннисене кăна мар, пĕтĕм тĕнчене те усă кÿрет тата çирĕп мир пулассине ĕненсе тăрас шухăша тĕреклетет.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съездĕ паракан Директивăсен проекчĕ США-па хĕвеланăçĕнчи хăшпĕр çĕршывсен империалистла ушкăнĕсене шиклентерсе ÿкернĕ. Вĕсем мĕншĕн шикленсе ÿкни çинчен «Нью-Йорк таймс» хаçатра çырнă. Совет Союзĕн экономики чечекленсе пырать тесе, хаçат çак экономика начар аталаннă çĕршывсенчи „çĕршер миллион çыннисене ССР Союзĕн экономикăлла системи кĕске вăхăт хушшинчех ырă пурнăç тума май пуррине кăтартса пама пултарнинчен хăраса ÿкнĕ. СССР çĕнтерÿллĕн коммунизм патнелле пынинчен хăраса, Америкăри хăшпĕр хаçатсем ССР Союзĕ халăх хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе лартнă задачăсем пурнăçланас пирки иккĕлентерсе шухăш сарма хăтланаççĕ.

Анчах та буржуалла хаçатсенчен нумайăшĕ лару-тăрăва тĕрĕс хаклать. «Совет Союзĕн пилĕк çуллăх планĕсем çине кулăшла пăхас вăхăт иртсе кайнă ĕнтĕ. Çĕнĕ пилĕк çуллăх плана пурнăçласа, Совет Союзĕ экономика тĕлĕшĕнчен чи вăйлă аталаннă капитализмла çĕршывсенчен те иртсе кайма пултарать», тесе çырать Францири «Фигаро» хаçат.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектĕнче культурăна аталантарас енĕпе тума палăртнă ĕçсем çинчен Голландири «Трауw» хаçат «Хĕвеланăçĕ ку ĕçсем енĕпе Совет Союзĕн улттăмĕш пилĕк çуллăх планĕнчен нумай вĕренме пултарать», тесе çырать.

Директивăсен проекчĕн пĕтĕм тĕнчери пĕлтерĕшне Польшăри «Жице Варшавы» хаçат лайăх кăтартса панă. «Совет экономикин çитĕнĕвĕсемпе ăна аталантарас тĕлĕшпе тăракан малашлăхсем Совет Союзĕн шалти ĕçĕ кăна пулса тăмаççĕ. Вĕсен пĕлтерĕшĕ Совет Союзĕшĕн кăна мар питĕ пысăк... Çак çитĕнÿсемпе малашлăхсем халăхсен мир лагерĕ çĕнтерессине—тĕнчене çĕнĕ вăрçа кĕртсе яма тăрăшакан вăйсене татăклăнах çĕнтерессине—ĕненсе тăрас шухăшне çирĕплетеççĕ».

## ДАЛЛЕСĂН «АТОМЛĂ ДИПЛОМАТИНЕ» СИВЛЕÇÇĔ

Совет халăхĕпе унăн урăх çĕршывсенчи мĕнпур тусĕсем мирлĕ строительствăн çĕнĕ аслă программине—ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съездĕ паракан Директивăсен проектĕнче палăртса хунă программăна савăнса сÿтсе явнă вăхăтра США государство секретарĕн Даллесăн тата Америкăн ытти хăшпĕр официальнăй деятелĕсен пуçĕсене урăхла шухăшсем çĕмĕреççĕ.

Ку тĕлĕшпе илсен, Даллес Америкăри «Лайф» журнал корреспонденчĕпе калаçни питĕ интереслĕ. Даллесăн шухăшĕсене хирĕç тĕнче общественноçĕ хытă тарăхса протестлет. Унта Даллес çапла каланă: «вăрçа хутшăнмасăрах вăрçă пуçланас умĕнхи пек вăхăт» патне пырса çитме пĕлни» вăл дипломатири пысăк ăсталăх пулса тăрать, тенĕ. Вăл хăйĕн дипломатийĕн авантюризмне уççăнах мухтанă. Даллес каланă тăрăх, атомлă бомбăсем пăрахассипе юнаса хăратса, США мире виçĕ хутчен «сыхласа хăварнă» имĕш.

Паллă ĕнтĕ, мир США-ри влаçра тăракан ушкăнсем вăрçăпа юнанине тата алла хĕçпăшал тытнине пула мар, мире юратакан вăйсем Америка агрессорĕсене пур çĕрте те татăклă отпор панине пула сыхланса юлчĕ. Мире хÿтĕлекен халăхсен çирĕп позицийĕ агрессорсен авантюрăлла планĕсене путлантарса лартрĕ.

Ĕç акă мĕнре: Даллес вăрçăпа хăратас политика иртнĕ вăхăтра усă кÿнĕ пек кăтартма, çапла вара унпа малашне те усă курассине тÿрре кăларма кăна мар, Хĕвеланăç Европăри çĕршывсенчи влаçра тăракан ушкăнсене те хăй хыççăн, çак авантюрăлла, кирек хăш самантра та вăрçă патне илсе çитерме пултаракан çулпа сĕтĕрсе пыма тăрăшать. Даллес тĕнчери лару-тăрăва «вăрçă умĕнхи вăхăтри пек» хăварас политикăна мухтаса каланипе пĕр вăхăтрах США-ра вăрçă çинчен çĕнĕрен шавлама тытăнни вăл ăнсăртран килсе тухнă япала мар. Çак кунсенче кăна-ха Америка çарĕн начальникĕ Тэйлор генерал тата США-н тинĕс-çар вăйĕсен штабĕн начальникĕ Бэрк адмирал Америкăри Пĕрлешÿллĕ Штатсен хĕçпăшаллă вăйĕсене ÿстерме чĕннĕ. Пĕрлешÿллĕ Штатсем вăрçа хатĕрленес ĕçе вăйлатасси çинчен США президенчĕ «çĕршыври лару-тăру çинчен» конгреса япă çырура та каланă, çапла тума сĕнни çырури тĕп шухăш пулнă.

Çавăнпа та ĕнтĕ Даллес агрессилле авантюрăлла политикăпа «атомлă дипломатие» ырласа каланине халăхсем, çавăн пекех Хĕвеланăç Европăри çĕршывсенчи тата США-ри влаçра тăракан ушкăнĕсен чылай пысăк пайĕ çивĕччĕн сивлесе питлерĕç, вĕсем çапла сивленин пĕлтерĕшĕ пысăк. «Атомлă бомбăпа юнас политикăна Даллес,—тесе çырнă Англири буржуалла «Рейнольдс Ньюс» хаçат,—вăрçă пуçланас умĕнхи пек вăхăт патне пырса çитме пĕлес ăсталăх тесе ят пачĕ. Çакăн валли урăхла ят пур: ку вăл харпăрхăйне пĕтерсе хурасси патне илсе пыракан ăссăрлăх пулса тăрать. Англири «Дейли геральд» хаçат çапла çырнă: «Даллеса итлекен кашни çыннăн çÿçĕ вирелле тăрать», тенĕ. Хĕвеланăç Европăри буржуалла хаçатсемпе журналсен комментарийĕсен тĕп шухăшĕ çакăн пек: американецсем Атлантика союзне тĕрĕс-тĕкел сыхласа хăварас теççĕ пулсан, вĕсен Даллеса лăплантарас пулать, тесе çыраççĕ вĕсем.

Даллес сăмахĕ пирки Хĕвеланăç Европăра мĕн шухăшланине пĕтĕçтерсе, «Нью-Йорк пост» хаçат çапла çырнă: «Акăлчансемпе французсем тарăхнинчен тĕлĕнмелли çук. Вĕсем хăйсене тулашри политикăн хальхи çул-йĕрĕпе çыхăнтарнăшăн шикленеççĕ, йывăр самантсенче çак çул-йĕре вĕсем хăйсем мар, эпир палăртса паратпăр». Ку шухăша Америкăри «Нью Рипаблик» журнал татах та уççăнрах каласа панă. Даллес, тесе çырать журнал, хăйĕн «тĕллевĕсене пурнăçлас ĕçре атомлă хĕçпăшалпа усă курнинче начарри нимĕн те çук тесе шутлать; каласа пулать, çав тĕллевсем вĕсем пире пурăнма кирлĕ тĕллевсем мар, вĕсене пирĕн союзниксем ырламаççĕ, Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче те ырламаççĕ, вĕсен тĕнчери халăхсен правинче çирĕп никĕс çук. Вăл «уйрăм çынсен дипломатине» кăтартса памашкăн хăй çак хĕçпăшалпа усă курма право илнинче начарри нимĕн те çук тесе шутлать... Тĕнчере вăрçă пуçласа ярас право вăл—этем усă курма пултаракан чи хăрушă право. Даллес господин çак правăна илесси çинчен ĕмĕтленме пултарать, анчах ирĕклĕ тĕнче (кунта хаçат хĕвеланăçĕнчи капитализмла çĕршывсене асра тытса çырать.—А. Ш.) ăна çавăн пек право пама çăмăллăнах килĕшес çук.

Даллес тухса каланине пĕтĕм тĕнчери халăхсем хытă питленĕ, ăна хирĕç вăйлă протест тунă пирки шиклене, вăл калани США-па унăн урăх континентсенчи союзникĕсем хушшинчи çыхăнусене сиен тăвасран хăраса, Америкăра пуçпулса тăракан класăн нумай представителĕсем «Лайф» журналта пичетленсе тухнă статьяпа сивлерĕç. «Даллес статьи евĕрлĕ, асăрханмасăр çыракан статьясем,—тенĕ Америка сенаторĕ Хэмфри,—пирĕн союзăн пурнăç тĕрекне хавшатаççĕ, пирĕн тулашри политикăна сиен кÿреççĕ... Америка халăхĕ вĕсемпе килĕшмест». «Алла хĕçпăшал тытса юнани, атомлă вăрçăпа юнани тата хамăрăн союзниксене нимĕн вырăнне те хумани,—тенĕ демократсен партийĕн лидерĕ Стивенсон,—йывăр лару-тăрăва çăмăллатмасть, пирĕн туссене нумайлатмасть, США-на ытти халăхсем шанмалла тума пулăшмасть».

Америкăри ытла та консервативлă обозреватель В. Липпман çакăн пек ыйту лартать: Даллес малашне те государство секретарĕ пулса ĕçлени «усă кÿрĕ-ши?», тет. Нумаях пулмасть Эйзенхауэр çапла каланă: атомлă хĕçпăшал пур чухне «тĕнчен альтернатива çук», тенĕ (Альтернатива—тума пур икĕ майран пĕрне суйласа илни). Эйзенхауэрăн çак сăмахĕ çинчен аса илтерсе, Липпман çапла çырать: «Вăрçă вăл альтернатива мар пулсан, вăрçăпа юнакан кирек хăш çын та—ăсран тухнă çын пулса тăрать е вăл юриех хăратса пăрахас шутпа калаçать. Вăрçă вăл альтернатива мар пулсан, тавлашуллă ыйтусем тĕлĕшпе, пĕр-пĕрин интересĕсене шута илсе, калаçса татăлас пулать... Статья пирĕн çĕршыва тата Даллес государство секретарĕн вырăнĕнче усăллă пулассине сиен кÿчĕ».

А. ШАТИЛОВ.

## Халăх çарне туса хурасси çинчен йышăннă закона Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕççыннисем хĕрÿллĕн ырлаççĕ

БЕРЛИН, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Республикăн мĕнпур районĕсенчен килекен хыпарсенчен çакă курăнать: нации халăх çарне туса хурасси çинчен Халăх палати йышăннă закона Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕççыннисем хĕрÿллĕн ырлаççĕ.

Çакăн пек закон йышăннине халăх хăйĕн ĕмĕчĕсемпе тата требованийĕсемпе килĕшсе тăракан ĕç, тесе шутлать. Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палати çак закона йышăничченех çĕршыври предприятисемпе учрежденисен коллективĕсем, халăхăн питех те тĕрлĕ сийĕсен представителĕсем Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатипе правительствине янă нумай çырусемпе телеграммăсенче халăх çарĕ туса хума требовани лартнă. Халăх палати хăйĕн ларăвне иртнĕ кун Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕççыннисенчен пиншер çырусем, телеграммăсем тата резолюцисем илнĕ, вĕсенче ĕççыннисем Хĕвеланăç Германи çĕнĕрен хĕçпăшалланнине кура Демократиллĕ Германири ĕççыннисен çитĕнĕвĕсене хÿтĕлеме Демократиллĕ Германи Республикин халăх çарне туса хума ыйтнă.

Ирĕклĕ нимĕç çамрăкĕсен союзĕн Берлинри организацийĕн руководстви, Халăх палатин решенине ырласа, çакна палăртать: ку решени çамрăксен требованийĕсемпе пĕтĕмпех килĕшсе тăрать, çамрăксем рабочисемпе хресченсен çитĕнĕвĕсене империалистсем тапăнасран хÿтĕлеме яланах хатĕр. Берлинри электроаппаратура заводĕнчи рабочисем çапла çыраççĕ:

«Хĕвеланăç Германире милитаристсем фашистла çĕнĕ çар тунине эпир пĕлетпĕр. Çавăнпа та мире юратни çинчен сăмахпа çеç калани çителĕксĕр. Мире юратакан Демократиллĕ Германи республикине активлăн хÿтĕлес пулать».

Бранденбургри металлурги заводĕнчи рабочисем, инженерсем тата техниксем йышăннă резолюцире çапла каланă: «Эпир Халăх палатин решенине ырлатпăр, çакă вăл вăрçă вучĕ чĕртекенсен преступленилле планĕсене хирĕç тăрас тĕлĕшпе тивĕçлĕ ĕç туни пулать».

## «СОВЕТ СОЮЗĔПЕ ÇЫХĂНУ ТЫТНИ НИКАМА ПĂХĂНМАСĂР АТАЛАНСА ПЫМА ÇУЛ УÇÇА ПАРАТЬ»

МОНТЕВИДЕО, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). «Хустисиа» хаçат Н. А. Булганин Америкăри «Висион» журнал редакторне панă ответсем çинчен «Булганин заявленийĕ çĕршыва çĕнĕ çул уçса парать» ятлă статья пичетлесе кăларнă. Совет Союзĕпе тытакан çыхăнусене вăйлатни Уругвай экономикине хамăрçăн кирлĕ пек, никама та пăхăнмасăр аталантарса пыма çул уçса парать, тенĕ статьяра. Промышленноçпа тулашри суту-илÿри йывăрлăхсене кура Уругвайăн урăх çĕршывсемпе суту-илÿ тăвассине вăйлатмалла. Çапла тума халĕ халăхăн йышлă сийĕсем требовани лартаççĕ. Вĕсем Уругвайăн тулашри суту-илĕвĕнче американецсем хуçаланнине, промышленность аталанăвне монополисем чарса тăнине пĕтерме тăрăшаççĕ.

«Булганин заявленийĕ, — тесе çырать юлашкинчен «Хустисиа» хаçат,—çакна кăтартса парать: мир политики тытса пынă тата пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнпă чухнехи условисенче пирĕн çĕршыв валли промышленноçа, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе, çĕрĕçне лайăх аталантармалли çул, социальнăй прогресс çулĕ уçăлать, çакă вăл пире малалла кайма тата хамăрăн суверенитета çирĕплетме пулăшĕ».

## «НОРВЕГИ—СССР» ОБЩЕСТВĂН ПУХĂВĔ

ОСЛО, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Осло хулинчи чи пысăк залсенчен пĕринче «Норвеги—СССР» обществăн пухăвĕ пулса иртнĕ. Пухура пулнисем 1955 çулхи çулла Норвегири учительсен делегацийĕн составĕнче Совет Союзне килсе курнă Кристоферсен тунă доклада итленĕ. Кристоферсен делегаци курса çÿрени çинчен, çав шутра Совет Союзĕнчи шкулсем çинчен тĕплĕн каласа панă.

Юлашкинчен Совет Союзĕнче ÿкерпĕ документальнăй фильмсем кăтартнă. Пухура пулнисем Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Индире пулнине кăтартакан фильма уйрăмах интересленсе пăхнă.

## ЛОНДОНРА СОВЕТ СОЮЗĔПЕ ЯПОНИ ХУШШИНЧИ КАЛАÇУСЕМ ÇĔНĔРЕН ПУÇЛАННĂ

ЛОНДОН, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер кунта Совет Союзĕпе Япони хушшинчи калаçусем çинчен пĕрле пĕлтерпине пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă:

«Январĕн 17-мĕшĕнче Лондонра ССР Союзĕпе Япони хушшинчи хутшăнусене йĕркелес ыйтусем тăрăх Совет Союзĕпе Япони хушшинчи калаçусем çĕнĕрен пуçланнă. СССР представителĕ Я. А. Маликпа Япони представителĕ С. Мацумото малалла ĕçлемелли йĕрке çинчен калаçса татăлнă.

Тепĕр ларăва январĕн 24-мĕшĕнче иртттерме палăртнă».

## КАНАДА ПРАВИТЕЛЬСТВИ КИТАЙ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИНЕ ЙЫШĂНАССИ ÇИНЧЕН ТĂРАКАН ЫЙТĂВА ПĂХСА ТУХАТЬ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Оттаварăн пĕлтерпĕ тăрăх, общинăсен палатинче Канада ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Пирсон çапла каланă: Канада правительстви Китай Халăх Республикине йышăнасси çинчен тăракан ыйтăва тĕпчесе вĕренет, тенĕ.

Корреспондент çакна палăртать: çакă вăл—Канада правительстви Китай Халăх Республикине йышăнасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухасси çинчен тунă пĕррemĕш заявлени.

## ФАМ ВАН ДОНГ «НЯН-ДАН» ХАÇАТРА ÇЫРСА КАЛАРНĂ СТАТЬЯ

ПЕКИН, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Ханойран çапла пĕлтерет: «Нян-Дан» хаçат Демократиллĕ Вьетнам Республикин премьерĕ тата Наци План совечĕн председателĕ Фам Ван Донг çырнă статьяна пичетлесе кăларнă. Унта Вьетнамра майĕпен социализм тумалли план çинчен каласа панă.

Государствăн 1956 çулхи планне, тенĕ статьяра, халăх демократи системине аталантарса пымалли çул-йĕрпе килĕшÿллĕн туса хатĕрленĕ, вăл Вьетнамри политикăлла условисемпе тата Вьетнамри халăхсен кăмăлĕпе килĕшсе тăрать.

План çавăн пекех Вьетнамăн Отечественнăй фрончĕн политики çинче никĕсленсе тăрать. Отечественнăй фронт мире çирĕплетес, никама пăхăнманлăх тата демократи никĕсĕ çинче çĕршыва мирлĕ майпа пĕрлештерес задача лартать.

Статьяра çапла каланă: пĕтĕмĕшле задача—экономикăна вăрçăччехи шая çитересси, культурăна аталантарасси, вăрçă сиенĕн результачĕсене пĕтерессi, халăх пурнăçне çăмăллатасси, халăхăн материальнăй пурнăçĕпе культура шайне майĕпен ÿстерсе пырасси пулать.

## БРАЗИЛИРЕ ПОЛИТИКĂЛЛА ĔÇСЕМШĔН ХУПСА ЛАРТНĂ ÇЫНСЕНЕ ИРĔКЕ КĂЛАРМА ЫЙТАÇÇĔ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). «Трибуна популар» хаçат пĕлтерпĕ тăрăх, Антонио де Баррос сенатор конгреса çапла тума чĕннĕ: политикăлла ĕçсемшĕн айăпласа хупса лартнă мĕнпур çынсене ирĕке кăларасси, нумай вăхăт пытанса пурăнакан мĕнпур çынсене, çав шутра коммунистсен партийĕн руководительне Луис Карлос Престеса çăмăллăх парасси çинчен решени йышăнмалла, тенĕ.

Хаçат çакна палăртать: çĕршывра коммунистсен партине уççăн ĕçлеме ирĕк парассишĕн кĕрешекенсен юхăмĕ сарăлса пырать.

# Республикăри хуласемпе ялсенче

## Çĕнĕ машинăсемпе приборсем

Иртнĕ 1955 çулта Чăвашсен ялхуçалăх институтне çĕнĕ йышши трактор сеялкисемпе плугсем, вăрлăх сортлакан машинăсемпе косилкăсем чылай илсе килнĕ. Вĕсемсĕр пуçне институтăн вĕренÿпе сăнав хуçалăхĕнче çĕрулмие тăваткал тĕмĕн лартмалли СКГ-4, çĕрулми кăлармалли çĕнĕ йышши ККР-2, КОК-2 машинăсем, кукурузăна тăваткал тĕмĕн лартмалли СКГ-6 комбайнсем тата ытти нумай машинăсем пур. Пулас специалистсем çак машинăсене тăрăшса вĕренеççĕ.

Кăçал республикăра халиччен пулман кăшман кăлармалли çĕнĕ йышши СКМ-3 комбайн, 6 метр сарлакăш трактор кĕреплисем, шыва башньăсăр уçласа хăпартакан автомат илсе килнĕ. Ăна Днепропетровск хулинчи ялхуçалăх машинисем тăвакан заводра туса хатĕрленĕ. Халĕ студентсем çĕнĕ машинăсене вĕренеççĕ. Институт паркĕнчи машинăсемпе студентсем çеç мар, хулари шкулсенче вĕренекенсем те интересленеççĕ. Кунта час-часах экскурсие килнĕ ачасене курма пулать.

Ботаника кафедри çак кунсенче çĕнĕ микроскопсем, стереоскопсем, киноаппарат туянчĕ.

Институтăн халĕ тăвакан çуртне вырнаçтарма çĕнĕ приборсемпе машинăсем, кафедрăсем те илсе хатĕрлеççĕ.

А. ПЕТРОВ.

## Шкулти интернат

Сосновка поселокĕнчи çичĕ çул вĕренмелли 10-мĕш номерлĕ шкулта аякри вăрман кварталĕсенче пурăнакансен ачисем чылай вĕренеççĕ. Шкул çумĕнче вĕсем валли интернат уçнă. Сивĕ е çил-тăманлă çанталăкра ачасене çул çинче инкек пулĕ тесе шикленмелли çук.

Çак шулти çиччĕмĕш класрăн иртнĕ çул манăн ача вĕренсе тухрĕ. Вăл çак интернатрах хĕл каçатчĕ. Кăçал тепри 6-мĕш класра вĕренет. Хĕллехи каникул хыççăн эпĕ ăна та çав интерната ăсатрăм.

Интернатра ĕçлекен воспитательница Н. Степанова тата П. Игнатьева техничка ачасене юратса пăхаççĕ. Пÿлĕмсенче ăшă, ачасем çывăракан кроватьсем çинче вырăн таврашĕсем шап-шурă. Çÿлĕк çинчи савăт-сапа та тап-таса. Ăста пăхнă унта ÿркенмен алăсем ĕçленине куратăн. Ачасем шкултан таврăнсан, Надежда Владимировна яланах вĕсемпе пĕрле, уроксем мĕнле хатĕрленине тĕрĕслет, пушă вăхăта усăллă иртерме пулăшать.

А. СОСНОВА.

## *Вулакансен йышĕ ÿсет*

КАНАШ. (Хамăр корр.). Хулари ачасен библиотекине организациленĕренпе вунă çул çитрĕ. Çак вăхăт хушшинче унăн кĕнеке фончĕпе вулакансен йышĕ темисе хут ÿсрĕ. Халĕ унта 16.770 кĕнеке, иртнĕ çулта кăна 11.100 тенкĕлĕх 3.043 кĕнеке туяннă. Вулакансем 1.763 çын.

Библиотекăна çак кунсенче тата пысăклатрĕç. Кунта кашни кун 150—200 ача пулать. Библиотекарьсем вулакансем хушшинче массăлла ĕçсем иртереççĕ. Нумаях пулмасть 59-мĕш номерлĕ шкулта «Пионерсем — ленинецсем» тема тăрăх, 3-мĕш номерлĕ шкулта Прилежаевăн «Над Волгой» тата Катаевăн «Белеет парус одинокий» кĕнекисем тăрăх вулакансен конференцийĕсене ирттерчĕ. Çак кунсенче вĕсем «Васек Трубачев и его товарищи» кĕнеке тăрăх, Совет Çарĕ 38 çул тултарнă тĕле Авдеевăн «Над Тиссой» кĕнеки тăрăх конференцисем ирттерме палăртнă.

## Паллă свинарка çинчен çырнă кĕнеке

Элĕк районĕнчи Шверник ячĕпе тăракан колхоз ферминче ĕçлекен Евдокия Смирнова «Чăваш республикинчи чи лайăх свинарка» ятне илме тивĕçлĕ пулнă. Фермăра 13 çул хушши ĕçлесе, вăл сысна ĕрчетес ĕç меслечĕсене лайăх вĕренсе çитнĕ. Вăл наука çитĕнĕвĕсемпе тата малта пыракансен опычĕпе анлăн усă курать. 1953 çулта хăйне çирĕплетсе панă кашни сысна аминчен 23-шер çура, 1954 çулта 25-шер çура пăхса ÿстернĕ. 1954 çулта ăна, Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникне, выставка Главнăй комитечĕ медаль парса наградаларĕ, патефонпа премилерĕ.

Çак кунсенче Чăвашсен государство издательстви Евдокия Смирнова свинаркăн ĕç опычĕсем çинчен А. Иванов çырнă «Кашни сысна аминчен 25-шер çура» ятлă кĕнекине пичетлесе кăларчĕ. Кĕнекере 28 страница, хакĕ 35 пус.

## МУХТАВЛĂ ĔÇ

Канашри Заготскот кантурĕн Шăхасанти выльăх-чĕрлĕх йышăнакан пункчĕн бухгалтерĕ Прокопьев юлташ Канаша леçсе пама 9.073 тенкĕ государство укçине илсе тухнă пулнă. Анчах та çул çинче вăл çак укçана ăнсăртран çухатса хăварнă.

Укçа çухални çинчен пуринчен малтан Канашри милици уйрăмĕн бригадмилецне Н. Якимов юлташа пĕлме тĕл килнĕ. Вăл нимĕн тăхтаса тăмасăрах Прокопьев пынă çулпа тухса утнă. Çĕрĕпе утса ывăннă тата шартлама сивĕ тăнă пулин те, вăл уйра пĕрмаях çухатнă укçа шыраса çÿренĕ. Тул çутăлас умĕн Прокопьев çухатнă укçана вăл пĕтĕмпех тупнă та, милици уйрăмне леçсе панă.

Тÿрĕ кăмăллă пулса мухтавлă ĕç тунăшăн Чăваш АССР Шалти ĕçсен министерствин милици управленийĕн начальникĕ Якимова тав тунă тата укçа парса премиленĕ. Çавăн пекех Заготскот кантурĕн директорĕ те Якимова тав тунă.

И. МАЛОВ.

## *Пропаганда ĕçĕн хроники*

ИШЛЕЙ. «Сталинская гвардия» колхозри парторганизаци çумĕнче парти историне вĕренмелли кружок йĕркеллĕ ĕçлет. Вĕренме 13 çын çÿреççĕ. Пропагандист П. Матвеев юлташ занятисене яланах лайăх ирттерет. Кружокра вĕренекенсем сурăкине хатĕрленес тĕлĕшпе хастарлă ĕçлеççĕ.

Т. ВАСИЛЬЕВ.

КÿКЕÇ. Карачурари, Çĕньялти Заводскойĕнчи, Хыркассинчи, Лапсарти тата Çатра Хучахматри çичĕ çул вĕренмелли шкулсенчи учительсем 1955 çулхи кĕркуннерен политикăлла экономие вĕренеççĕ.

Çĕньялти учительсем уйрăмах тимлĕн вĕренеççĕ — кĕнекесем вуласа конспектсем çыраççĕ тата рефератсем хатĕрлеççĕ. Ку вăл ыйтусене тĕплĕрех ăнланса илме май парать. Кунти учительсем колхозниксем хушшинче час-часах докладсемпе лекцисем иртереççĕ.

## «ГОРКĂРИ ÇУРТ» ПОЭМĂНА РАДИОПА ПАРАÇÇĔ

Январĕн 22-мĕшĕнче, Мускав вăхăчĕпе 9 сехет те 30 минутра, пĕррemĕш программăпа ĕçлекен Мускаври радиостанцисем Чăваш халăх поэчĕ Петĕр Хусанкай çырнă «Горкăри çурт» ятлă поэмăна параççĕ.

Çак поэмăнах автор хăй, январĕн 20-мĕшĕнче, вырăнти вăхăтпа 19 сехет те 25 минутра, Чăвашсен радиостанцийĕ урлă вуласа пачĕ.

## РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧĂСЕМ

Вырăнти вăхăтпа

**ЯНВАРĔН 24-МĔШĔНЧЕ**

18.50—«Промышленноçа çĕнĕрен хăвatлăн çĕклентермелли пилĕкçуллăх» ятлă калаçу. 19.05—«Вăрнар вăрманпромхозĕнче» ятлă очерк тата «Съезд делегачĕ» ятлă корреспонденци. 19.25—«Ялав» журналăн çĕнĕ номерĕн обзорĕ.

**ЯНВАРĔН 25-МĔШĔНЧЕ**

18.50—Пионерсемпе шкул ачисен передачи. В. Ухли çырнă «Звонок» ятлă калав. 19.05—Ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем валли хатĕрленĕ передача. 19.25—Концерт. Вырăссен классикăлла музыки.

**ЯНВАРĔН 26-МĔШĔНЧЕ**

8.20—«Инди Республики ултă çул тултарни» ятлă калаçу. 8.40—Концерт. Инди музыки. 18.50—КПСС историне вĕренекенсене пулăшма «Буржуалла-демократилле революци социализмла революцие ÿссе кучни» ятлă лекци. 19.20—Радио итлекенсем ыйтнипе йĕркеленĕ концерт.

## 23 ÇУЛ КОНЮХРА

ЙĔПРЕÇ. Ленин ячĕпе тăракан колхозри П. Пудовкин аслă конюха районти чылай колхозниксем пĕлеççĕ. Вăл 23 çул хушши пĕр ывăнмасăр конюх пулса ĕçлет.

П. Пудовкин юлташ тăрăшнипе колхозра лашасем пăхас ĕçе лайăх йĕркеленĕ.

Г. РИКМАС.

## *Пĕлтерни*

Январĕн 23-мĕшĕнче КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче (Урицкий урамĕ) политикăлла экономие (пĕррemĕш цикл тăрăх) вĕренекенсем валли «Капитализм чухнехи çĕр ренти тата аграрлă хутшăнусем» темăпа лекци пулать. Лекторĕ—Н. В. Бондаренко. Лекци каçхине 8 сехетре пуçланать.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

## ТЕАТР

**ЧĂВАШСЕН АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ**

январĕн 22-мĕшĕнче кăнтăрла чăвашла спектакль «Мещенсем», каçхине чăвашла спектакль «Асран кайми кунсем», январĕн 23-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Кай, кай Ивана» кăтартаççĕ. Спектакльсем 12 тата 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

## КИНО

«РОДИНА». Январĕн 22-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссенче çĕнĕ илемлĕ фильм «Атлантическая повесть», каçхи сеанссенче çĕнĕ илемлĕ фильм «Весенние заморозки», январĕн 23-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссенче илемлĕ фильм «Чапаев», каçхи сеанссенче çĕнĕ илемлĕ фильм «Педагогическая поэма» кăтартаççĕ. Кăнтăрлахи сеанссем 10, 12, 14 сехетсенче, каçхи сеанссем 16, 18.15, 20, 22 сехетсенче пуçланаççĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01241 Типографи № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37.000 экз.